№ ..........

ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Советĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Октябрь 9
ЭРНЕКУН
№ 197 (9106)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Информациллĕ пĕлтерӳ

Кăçалхи октябрĕн 6—7-мĕшĕсенче КПСС Чăваш обкомĕн черетлĕ VII-мĕш Пленумĕ пулса иртрĕ.

Пленум «КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн итогĕсем çинчен тата республика ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе облаçри парторганизаци умĕнче тăракан задачăсем çинчен» парти обкомĕн секретарĕ Т. А. Ахазов юлташ тунă доклада сӳтсе яврĕ.

Сӳтсе явнă ыйту тăрăх Пленум тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

★

## Выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ пулмалла

Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ вăраха ямасăр татса памалли задача кăларса тăратрĕ—выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç тӳсме çук юлса пынине пĕтермелле, çитес икĕ-виçĕ çул хушшинче выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине татăклăн ӳстермелле. Çав задачăна ăнăçлăн пурнăçласси, чи малтан, кашни колхозра тата совхозра выльăх апачĕ çителĕклĕ пулнинчен килет.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри пуринчен те ответлăрах тапхăр—вĕсене хĕл каçарас тапхăр çывхарса килет. Выльăхсене хĕл каçарма вăхăтра хатĕрленесси, вĕсем валли паха йышши апат çителĕклĕ хатĕрлесе хурасси, выльăх-чĕрлĕх витисене туса пĕтересси тата кивĕ витесене юсасси колхозниксен, МТС-семпе совхозсенчи рабочисен пĕрремĕш тивĕçĕ пулать.

Хĕл кунĕсенче выльăх-чĕрлĕхе çителĕклĕ таран тата тĕрлĕ йышши апат парса усрани—вĕсене ăнăçлă хĕл каçармалли татăклă услови пулса тăрать. Çавăнпа та кашни ферма валли утă, улăм, тымарçимĕç, силос тата ытти апатсен запасĕ çителĕклĕ таран туса хуни кирлĕ.

Анчах, шел пулин те, нумай облаçсенче, крайсенче, республикăсенче выльăх апачĕсем хатĕрлес хăвăртлăх ытла та çитеймест. Çакна пула утă-улăм хатĕрлемелли плана сентябрĕн 30-мĕшĕ тĕлне сурринчен пĕртак çес ытларах тултарнă, силос хывмалли плана пурĕ те 68,6 процент кăна тултарнă. Выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçе Иваново, Новосибирск, Вологда тата ытти хăшпĕр облаçсенче тӳсме çук вăраха тăсса пыраççĕ.

Чылай районсенче арпа пухса кĕртес, комбайнпа пухса кĕртнĕ уй-хирсенчен улăм пухса кĕртсе купана хывас ĕçсене начар çителĕксĕр организацилемĕ. Улăма 30 процент ытла ку таранччен купасене хывса çитермен. Уй-хирсенче çĕр-шер пин тонна выльăх апачĕ пăсăлса выртать.

Фактсем çакăн çинчен калаççĕ: совет, ялхуçалăх органĕсем нумайăшĕ выльăх апачĕсем хатĕрлес тĕлĕшпе тивĕçлипе ĕçлемеççĕ, выльăхсене хĕл каçарма хатĕрленес ĕçре колхозсен, МТС-сен, совхозсен руководителĕсен ответлăхне кирлĕ пек ӳстерме тăрăшмаççĕ. Казахстан, Алтай крайĕн, Саратов, Курган, Омск тата ытти облаçсен уй-хирĕсенче ку таранччен темиçе миллионшар гектар çĕр çинчен улăмсене пухса кĕртменнине çакăнпа кăна ăнлантарса пама пулать.

СССР Совхозсен Министерствин совхозĕсенче 3 миллион гектара яхăн çĕр çинчен ку таранччен улăма пухса кĕртменнине чеелле те тӳсме çук. Ку тĕлĕшпе Çĕпĕрти, Уралти тата Хĕвелтухăçĕнчи совхозсем кая юлса пыраççĕ. Çав вăхăтрах вĕсен нумайăшĕн анкартине пухса кĕртнĕ выльăх апачĕн запасĕ çителĕклĕ мар.

Утă-улăма сыхласа усрас тата хатĕрлес ĕç çине ответсăр пăхнине пĕтерме вăхăт. Анкартине пухса кĕртнĕ выльăх апачĕ колхозсен балансĕнче тĕп вырăн йышăнса тăрать. Советпа ялхуçалăх органĕсен, колхозсемпе МТС-сен руководителĕсен пысăк тивĕçĕ вăл—арпа-улăма пухса кĕртес тата купана хывас ĕçсен хăвăртлăхне вăйлатма халех тивĕçлĕ мерăсем йышăнасси пулать.

Колхозсене машина-трактор станцийĕсем пысăк пулăшу пама тивĕç. Малта пыракан МТС-сем выльăх апачĕсем хатĕрлес ĕçре тĕрлĕ механизмсемпе тата хатĕрсемпе: трактор волокушисемпе, улăм турттармалли ытти хатĕрсемпе те анăçлăн усă кураççĕ. Çакăн пек туни вăл улăм пухас, ăна фермăсем тата выльăх витисем патне турттарса пырас ĕçе пĕтĕмпех тенĕ пекех механизацилеме май парать. Çак паха опытпа кашни МТС усă курма пултарать тата усă курмалла та.

Вырăнти ялхуçалăх органĕсен çак кунсенче уй-хиртен арпа-улăма пухса кĕртес ĕçсене механизацилес, мĕнпур выльăх-чĕрлĕх валли çителĕклĕ таран апат запасĕ туса хурас тĕлĕшпе колхозсене МТС-сем ытларах пулăшу памалла тăвасси пулать.

Выльăхсене паракан апат рационĕнче сĕтеклĕ апатсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Малта пыракан колхозсем кашни çул ĕне пуçне 5—6-шар тонна тата ытларах та силос хываççĕ, тымарçимĕç, çĕрулми çителĕклĕ таран хатĕрлесе хураççĕ. Выльăх-чĕрлĕхсене тĕрĕс çитерсе усранипе вĕсем выльăх-чĕрлĕхрен пысăк тупăш илеççĕ. Анчах та нумай колхозсем силос хатĕрлемелли плана çултан-çул тултараймаççĕ.

Кăçал нумай районсенче силос запасĕ çителĕклĕ туса хума лайăх майсем пур. Анчах та силос хывас ĕçсен хăвăртлăхĕ ытла та çителĕксĕр. Кострома, Ярославль тата ытти облаçсенчи колхозсем силоса çурри чухлĕ те хывман. Силос хывас ĕçе машина-трактор станцийĕсем пачах çителĕксĕр хутшăнаççĕ. Ярославль облаçĕнчи МТС-сем силос хывмалли плана виççĕмĕш пайĕ чухлĕ кăна тултарнă. Ытти нумай облаçсенчи, крайсенчи, республикăсенчи машина-трактор станцийĕсем те сĕтеклĕ апат хатĕрлесси çине сахал пăхаççĕ.

Тымарçимĕç пухса кĕртес ĕçсен хăвăртлăхĕ çителĕксĕр пулни те хыттăнах пăшăрхантарать. Тымарçимĕçсене акнă çĕр лаптăкĕн тăваттăмĕш пайĕ çинчен кăна пухса кĕртнĕ. Уйрăмах Пушкăрт АССР-ĕнчи, Свердловск тата ытти облаçсенчи колхозсем кая юлнă. Кунта тымарçимĕç пухса кĕртес ĕç иртнĕ çулхинчен те начартарах пырать.

Выльăх апачĕсем хатĕрлес ĕç çителĕксĕр пыни выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе пысăк сиен кӳме пултарать. Вырăнти советпа ялхуçалăх органĕсен МТС-семпе совхозсен руководителĕсенчен выльăх апачĕ пухмалли плана пурпĕрех тултармалла тума ыйтас пулать. Выльăх апачĕ хатĕрлемелли задание тултарман, ку тĕлĕшпе хуçасăрла ĕçлевен, выльăх апачĕсене пăсса тата салатса пĕтерекен МТС-сен директорĕсене, колхозсен председателĕсене хытă ответ тыттармалла тăвас пулать.

Хальхи вăхăтра тăракан задача çакăн пек: сĕтеклĕ тата ытти йышши апатсем нумайрах пухса хумалли мĕнпур резервсемпе туллин усă курмалла. Сывăх кунсенчех силос валли акнă мĕнпур культурăсене пухса кĕртес ĕçе вĕçлесе çитермелле, иккĕмĕш хут çулса илнĕ курăксене, çавăн пекех пахча çимĕç, тымарçимĕç сулçисене, çĕрулми аврине силоса хывас ĕçе организацилемелле.

Вырăнти советпа ялхуçалăх органĕсен, МТС-семпе совхозсен руководителĕсен кашни районта тата колхозра выльăх апачĕ пухса хатĕрлес ĕç мĕнле тăнине тĕплĕн тĕрĕслесе тухмалла, çак ĕçсен хăвăртлăхне ӳстерес тĕлĕшпе тума кирлĕ мĕнпур мерăсене йышăнмалла. Пур çĕрте те выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçе хутшăннă колхозниксене, МТС-семпе совхозсен рабочийĕсене пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантармалли майсемпе анлăн усă курмалла. Выльăх апачĕсене тĕрĕс учета илес тата тĕрĕс расходлас ĕçсене халех кирлĕ пек йĕркелени кирлĕ. Пухса кĕртнĕ выльăх апатне салатса пĕтерме тата пăсăлма май паракан сăлтавсене пурне те пĕтермелле.

Выльăхсене хĕл каçарма хатĕрленес, выльăх апачĕсем пухса хурас ĕçе организацилесси союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсен, парти крайкомĕсен, обкомĕсен, райкомĕсен, колхозсенчи, МТС-сенчи тата совхозсенчи пуçламăш парторганизацисен ĕçĕнче тĕп вырăнта тăмалла.

Выльăхсене хĕл каçарма тытăнас вăхăт инçе мар. Çак кĕске вăхăтпа пур майсемпе те усă курса, выльăхсене хĕл каçарма лайăхрах хатĕрленмелле. Ку ĕçре ялхуçалăх специалисчĕсем пысăк вырăн йышăнса тăмалла. Вĕсен колхозсене выльăх апачĕн запасĕсене ӳстерме кирлĕ мĕнпур резервсене тупса палăртса, вĕсемпе тĕрĕс усă курма, выльăх-чĕрлĕх витисене туса пĕтерес тата киввисене юсас ĕçсене хăвăртлатма, фермăсенче ĕçлеме опытлă работниксем тупса пама пулăшас пулать.

Хĕле кăтартуллă хатĕрленесси, мĕнпур йышши апатсем пухмалли плана тултарасси,—çакăн пек ĕнтĕ колхозсен, МТС-сен, совхозсен тата мĕнпур ялхуçалăх работникĕсен вăраха ямасăр татса памалли задачи.

(«ПРАВДА» хаçатăн октябрĕн 8-мĕшĕнчи умстатьинчен).

## Демократиллĕ Германи Республикин Президентне ВИЛЬГЕЛЬМ ПИК юлташа

Берлин.

Демократиллĕ Германи Республикине туса хунăранпа тăватă çул тултарнă май, Президент юлташ, СССР Верховнăй Совет Президиумĕ тата эпĕ чĕререн саламласа сывлăх суннине тата пĕрлĕхлĕ, мире юратакан, демократиллĕ Германи тăвас çул çинче Германи халăхне ырă суннине йышăнăр.

Пирĕн халăхсен ырлăхĕшĕн тата пĕтĕм тĕнчери мире тĕреклетес интерессемшĕн Совет Союзĕпе Демократиллĕ Германи Республики хушшинчи туслă çыхăнусем ӳссе тата çирĕпленсе пыччăр.

К. ВОРОШИЛОВ.

1953 çулхи октябрĕн 6-мĕшĕ.

## Демократиллĕ Германи Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрне ЛОТАР БОЛЬЦ юлташа

Берлин.

Демократиллĕ Германи Республикине туса хунăранпа тăватă çул тултарнă ятпа Сире, Министр юлташ, эпĕ туслăн саламласа ырă суннине йышăнма ыйтатăп.

Çавăн пекех эпĕ пĕрлĕхлĕ, мире юратакан тата демократиллĕ Германи государствине çĕнĕрен туса хурас ĕçре Германи халăхне унăн нацилле шухăш-ĕмĕчĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе çитĕнӳсем тума чĕререн ырă сунатăп. Пĕрлĕхлĕ, мире юратакан тата демократиллĕ Германи государствине туса хуни мир тата пĕтĕм тĕнчери хăрушсăрлăх интересĕсене тивĕçтерет.

В. МОЛОТОВ.

1953 çулхи октябрĕн 6-мĕшĕ.

## Демократиллĕ Германи Республикин Премьер-Министрне ОТТО ГРОТЕВОЛЬ юлташа

Берлин.

Демократиллĕ Германи Республикине туса хунăранпа тăватă çул тултарнă май Сире, хисеплĕ Премьер-Министр, тата Демократиллĕ Германи Республикин Правительствине эпĕ хĕрӳллĕн саламласа сывлăх суннине йышăнма ыйтатăп.

Тăватă çул каярах Германи халăхĕн малта пыракан патриотла вăйĕсем хăйсен Тăван çĕршывĕн пĕрлĕхне, ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхне хӳтĕлесе хăварас, хăйсен Тăван çĕршывне мирпе демократи çулĕпе, ытти халăхсемпе туслă пурăнмалли тата килĕштерсе ĕçлемелли çулпа аталантармалла тăвас ырă ĕçе хăйсем çине илчĕç. Нимĕç патриочĕсем çакна ытларах ăнланса илеççĕ: агрессиллĕ ушкăнсем Германи милитаризмне çĕклентерес тĕлĕшпе тытса пыракан политика нимĕç нацийĕшĕн питех те пысăк хăрушлăх туса хурать, çав политика пĕрлĕхлĕ Германи государствине пĕтерес, Германирен виççĕмĕш тĕнче вăрçи вучахĕ туса хурас тĕллев тытать. Демократиллĕ Германи Республикин мире юратакан политики Германи халăхĕн нациллĕ ăнланулăхне палăртать. Демократиллĕ Германи Республики миршĕн тăракан мĕнпур нимĕçсен шанчăклă тĕрекĕ пулса тăрать.

Демократиллĕ Германи Республикине туса хунă историллĕ ĕçре Германи халăхĕн интересĕсем тата мире юратакан, Европăри тата тĕнчери хăрушсăрлăха çирĕплетме тăрăшакан мĕнпур халăхсен интересĕсем пĕрлешсе тăраççĕ. Прогрессивлă этемлĕх çакна курса тăрать: Демократиллĕ Германи Республикине малалла аталантарни мирпе пĕтĕм тĕнчери хăрушсăрлăх интересĕсемшĕн Германи ыйтăвне татăклăн йĕркелемелли питех те кирлĕ услови пулать.

Совет çыннисем Германи халăхне хăйĕн нацилле пĕрлĕхне тепĕр хут туса хурас тата мире юратакан Германи Республики тăвас ĕçре çитĕнӳсем тума ырă сунаççĕ. Пĕрлĕхлĕ, никама пăхăнман демократиллĕ Германишĕн пыракан хăйĕн тĕрĕслĕхлĕ кĕрешĕвĕнче Германи халăхне Совет Союзĕнчи халăхсем яланах кăмăлласа тата пулăшса тăрĕç.

Г. МАЛЕНКОВ.

1953 çулхи октябрĕн 6-мĕшĕ.

# Уй-хир ĕçĕсене вĕçлесе çитерме çанталăк лайăх тăнă чухне кашни сехетпе туллин усă курар!

★

### ТРАКТОР БРИГАДИСЕН АМАРТĂВĔ

**Кĕрхи çĕртме тăвас ĕçре малта пыракансем**

(Октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне)

| Йышăннă вырăн | МТС-сем | Бригадирсен хушамачĕсем | Плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|---|---|
| 1. | Çĕрпӳ | Т. Степанов | 209 |
| 2. | Улатăр | Р. Пурлеев | 190 |
| 3. | Тăвай | В. Чичканов | 130 |
| 4. | Шупашкар | В. Иванов | 119 |
| 5. | Первомайски | Ф. Смирнов | 112 |
| 6. | Элĕк | Л. Николаев | 110 |
| 7. | Куславкка | В. Казаков | 110 |
| 8. | Пăрачкав | А. Енотов | 110 |
| 9. | Вăрнар | И. Пронькин | 109 |
| 10. | Сĕнтĕр | В. Петров | 109 |
| 11. | Елчĕк | Н. Титов | 109 |
| 12. | Вăрнар | П. Павлунин | 106 |
| 13. | Чкаловски | В. Валиуллин | 105 |
| 14. | Йĕпреç | Ф. Фролов | 105 |
| 15. | Кувакино | Н. Николаев | 105 |
| 16. | Чурачăк | А. Осипов | 104 |
| 17. | Кувакино | И. Беляков | 104 |
| 18. | Улатăр | А. Малыгин | 103.3 |
| 19. | Хĕрлĕ Чутай | М. Палейкин | 103 |
| 20. | Улатăр | Т. Сазонов | 103 |
| 21. | Улатăр | И. Лексин | 102.8 |
| 22. | Шăхасан | А. Григорьев | 102.8 |
| 23. | Çĕрпӳ | А. Ершов | 102 |
| 24. | Елчĕк | Л. Тихонов | 102 |
| 25. | Муркаш | М. Данилов | 101 |
| 26. | Чурачăк | И. Никшин | 101 |
| 27. | Елчĕк | Ф. Мясников | 101 |
| 28. | Вăрнар | Я. Краснов | 100 |
| 29. | Чурачăк | И. Афанасьев | 100.9 |
| 30. | Муркаш | В. Егоров | 100.3 |
| 31. | Чкаловски | В. Пыркин | 100 |
| 32. | Вăрмар | И. Лапин | 100 |
| 33. | Чкаловски | А. Михайлов | 100 |
| 34. | Чурачăк | Д. Сорокин | 100 |

## Колхозсене ĕçлеме каяççĕ

ШĂХАСАН. Çак кунсенче районта ялхуçалăх специалисчĕсен канашлăвĕ пулса иртрĕ. Канашлура агрономсемпе зоотехниксем тата ветеринари работникĕсем 35 çын пулчĕç. Вĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановлени çинчен МТС директорĕ Н. Константинов юлташ тунă доклада итлерĕç. Ун хыççăн чылай юлташсем тухса калаçрĕç. П. Филиппова агроном, Л. Петрова зоотехник районти кая юлса пыракан колхозсенче ĕçлеме кайма кăмăл туни çинчен пĕлтерчĕç.

Çамрăк агроном Н. Скворцова юлташ КПСС райкомĕпе МТС дирекцине панă заявленире çапла çырать: «Партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ ялхуçалăхне вăйлатмалли мерăсем çинчен йышăннă çĕнĕ постановлени мана чĕререн савăнтарчĕ. Эпĕ, парти чĕннине, районти пĕр-пĕр колхозра агроном пулса ĕçлеме кăмăл тăватăп».

Ветеринари фельдшерĕ Г. Владимиров юлташ Сталин ячĕпе тăракан колхоза ĕçлеме яма ыйтса заявлени çырнă.

Г. ЛУЧ.

★ ★ ★

## Механизаторсем пысăк хавхаланупа ĕçлеççĕ

Партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ çĕршывăн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановление пирĕн МТС-ри механизаторсем тĕплĕн вуласа вĕренчĕç. Çакăн хыççăн трактор бригадисенче ялхуçалăхĕнчи ĕçсене хăвăрт, ăнăçлă вĕçлес тĕллевпе социализмла ăмăрту çĕнĕрен вăйлăн сарăлчĕ. Механизаторсем ялхуçалăх производствине вăйлатас енĕпе хăйсен тивĕçне чыслăн пурнăçласа пыма пулаççĕ.

МТС кĕрхи çĕртме сухи тумалли плана çак кунсенчех тултарать. Я. Краснов, Г. Гурьев, П. Павлунин тата Г. Петров юлташсем ертсе пыракан трактор бригадисем кĕрхи çĕртме тумалли задание пурнăçларĕç. Социализмла Ĕç Геройĕ И. Пронькин юлташ ертсе пыракан бригадăри механизаторсем Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхоз уйĕсенче кĕрхи çĕртме тата хура çĕрте сухи тумалли плансене пĕтĕмпех тултарчĕç.

Халĕ трактор бригадисенчи механизаторсенчен пĕр пайĕ уй-хирте çĕрулми кăларса пухнă çĕрте ĕçлет. Çĕрулми кăларакан «ТЭК-2» машинăсем МТС-ăн пурĕ 8. Вĕсемпе Сталин ячĕпе, Ленин ячĕпе, Жданов ячĕпе, Маленков ячĕпе, Киров ячĕпе тата Крупская ячĕпе тăракан колхозсенче çĕрулми кăлараççĕ. А. Игнатьева тата П. Егорова трактористкăсем çĕрулми кăларакан «ТЭК-2» машинăпа куллен 4,5—5-шер гектар çĕрулми кăлараççĕ. Норма тăрăх ку машинăсемпе талăкра 3 гектар çинчи çĕрулмине кăлармалла. Киров ячĕпе тăракан колхозра кун пек машинăпа Г. Гаврилов тракторист ĕçлет. Вăл кашни кунах 3,5—4-шер гектар çĕрулми кăларать.

Механизаторсем колхозсене çĕрулмипе уй-хиртен турттарса кĕртме те пулăшаççĕ. И. Пронькин юлташ бригадинчи трактористсем, йĕпе-сапа çанталăка пăхмасăр, Сталин ячĕпе тăракан колхоза гусеницăлла тракторсемпе уй-хиртен Вăрнар станцине çĕрулми турттарса пачĕç.

Вĕсен ĕçне пысăка хурса хаклани, ĕçлеме лайăх условисем туса пани трактористсене питĕ хавхалантарать. Нумай трактористсем вăхăтлăха урăх ĕçе кусниссем, халĕ МТС-а таврăнаççĕ, квалификацие ӳстерме вĕренме яма ыйтса заявленисем параççĕ. Малтан пирĕн МТС-ра ĕçленĕ тракторист И. Волков юлташ чылай çул хушши Совет Çарĕнче пулчĕ. Сентябрĕн 24-мĕшĕнче вăл çартан таврăнса тӳрех МТС-а килчĕ, хăйне трактор пама ыйтрĕ. Халĕ И. Волков юлташ «СТЗ-НАТИ» тракторпа хăйĕн тăван колхозĕнче ĕçлет.

МТС мастерскойĕ çак кунсенче çĕнĕ оборудовани туянчĕ. Мастерской юсав ĕçне пуçăнать. Машинăсене юсанă вăхăтра пурăнма трактористсем валли общежити хатĕрленĕ. Юсаса пушанă машинăсене МТС-ăн тĕп усадьбине илсе килетпĕр.

И. АНДРЕЕВ,
Вăрнар МТС-ĕн директорĕ.

## Строительствăна ертсе пыни кирлĕ

ОКТЯБРЬСКИ. Районти колхозсенче кăçалхи строительство планне пурнăçлассишĕн çине тăрса тăрăшни курăнмастьха. Выльăхсене хĕл каçармалли витесене нумай колхозсенче хатĕрлемен.

Витесем лартас енĕпе лайăх ĕçлекен колхозсем районта пур, анчах вĕсен опытне ытти колхозсене ярăх сараççĕ. Сăмахран, «Звезда» колхоза илĕпĕр. Кунта юлашки икĕ çул хушшинче шлак-бетонран тата кирпĕчрен икĕ типовой вите туса лартнă. Строительство бригади халĕ 200 ĕне вырнаçмалăх çĕнĕ вите туса пĕтерет. Фермăсенчи ĕçсене кăçал механизацилесе çитерме палăртнă.

Калинин ячĕпе тăракан тата «Знамя» колхозсенче строительство ĕçĕсене султалăкĕпех туса пычĕç. Ку колхозсенче çĕнĕрен виçшер пысăк вите туса лартнă. Кивĕ витесене пурне те юсаса ăшăтнă. «Анищ» колхоз строительство материалĕсене хĕллех турттарса, хăма сурса хатĕрлерĕ. Çапла строительство ĕçне пĕр чăрмавсăр туса пычĕç. Çу уйăхĕсенче строительство бригади икĕ çĕнĕ вите туса лартрĕ.

Çапах та район обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе юлса пырать. Ку вăл выльăхсене усрама суртсем тăвас ĕçе чылай колхозсенче тивĕçлипе туса пыманнинчен те килет. «Новая жизнь» колхоз ферминче ĕнесене усрама вырăн çитмест, çамрăк пăрусене усрама та вите çук, лаша витисем те начар. Суртсем лартма колхоз йывăç чылай хатĕрленĕ, анчах витесем тума тытăнман.

Максим Горький ячĕпе тăракан колхозра та суртсем лартас енĕпе кăçал нимĕн те туман. Иртнĕ çул тума пуçланă лаша витине халĕ те туса пĕтермен. «Новый быт», «Свобода», Буденный ячĕпе тăракан колхозсем те строительство ĕçĕсене вăраха ячĕç.

Хĕл çывхарса килет. Выльăх витисем лартас тата кивĕ витесене юсас ĕçе хăвăртлатмалла. Ку ĕçе районти органсем куллен ертсе пыни кирлĕ.

В. ТРОФИМОВ.

## МТС работникĕсен йышĕ ӳссе пырать

КАЛИНИНО. Ялти нумай çамрăксем ялхуçалăх механизаци шкулĕсене вĕренме яма ыйтса МТС-а заявлени параççĕ.

М. Можайкин, Н. Кириллов юлташсем хăйсен заявленийĕсенче çапла çыраççĕ: «Партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановление эпир тĕплĕн вуласа вĕрентĕмĕр. Эпир механизаторсем пулма шутларăмăр. Çавăнпа пире курса е шкула вĕренме яма ыйтатпăр. Хамăра шанса панă ĕçе чыслăн пурнăçласа пыма пулатпăр».

С. Львов, И. Степанов тата Г. Федоров юлташсем Совет Çарне кайиччен трактористсем пулса ĕçленĕ. Халĕ вĕсем каллех механизаторсем пулса ĕçлеме МТС-а таврăнчĕç.

Г. АНДРЕЕВ.

★

### МОЛОТИЛКА МАШИНИСЧĔСЕН ĂМĂРТĂВĔ

**Авăн çапас ĕçре малта пыракансем**

(Октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне)

| Йышăннă вырăн | Машинистсен хушамачĕсем | МТС-сем | Авăн çапнă (тоннăпа) |
|---|---|---|---|
| 1. | Н. Краснов | Елчĕк | 1000 |
| 2. | М. Афанасьев | Елчĕк | 900 |
| 3. | Я. Григорьев | Шăхасан | 857 |
| 4. | Т. Малов | Первомайски | 850 |
| 5. | Н. Иванов | Вăрнар | 821 |
| 6. | Ф. Краснов | Чкаловски | 750 |
| 7. | А. Кириллов | Чкаловски | 723 |
| 8. | А. Федоров | Вăрмар | 705 |
| 9. | Спиридонов | Шăхасан | 691 |
| 10. | Д. Вязова | Муркаш | 690 |
| 11. | Я. Михайлов | Етĕрне | 670 |
| 12. | А. Федотов | Элĕк | 630 |
| 13. | Н. Яковлев | Шăхасан | 634 |
| 14. | П. Кириллов | Чурачăк | 630 |
| 15. | В. Дмитриев | Çĕрпӳ | 627 |
| 16. | М. Архипов | Йĕпреç | 625 |
| 17. | И. Сергеев | Советски | 620 |
| 18. | В. Семенов | Элĕк | 610 |
| 19. | Ф. Степанов | Чурачăк | 580 |
| 20. | Н. Яковлев | Калинино | 570 |
| 21. | А. Андреев | Муркаш | 550 |

## Силос хывмалли плана тултармалла

ЙĔПРЕÇ. Районти колхозсенче силос хывас ĕç кая юлнă. Ку вăл нумай колхозсен председателĕсем çак ĕç çине çителĕклĕ çаврăнса пăхманнинчен килет.

Райисполком колхозсене вăрманти 66 кварталта утă çулса силос хывма кăтартса панă, анчах колхозсенчен нумайăшĕ унти курăка çулса усă кураймарĕç.

Крупская ячĕпе тăракан колхоз силос хывмалли плана 26 процент кăна пурнăçланă. «Большевик» тата Димитров ячĕпе тăракан колхозсем те 35—40 процент анчах тултарнă.

«Правда» колхозра МТС силосорезкипе 34 тонна силос хывнă та, 240 тонна хывнă тесе акт çырнă. Акт çине колхоз председателĕ Марков, 11-мĕш трактор бригадин бригадирĕ Воробьев, учетчик Чугаров алă пуснă. Вĕсем суя документ çырса государствăна улталама тăнă.

Пур колхозсенче те силос хывмалли плана хăвăртрах тултарма тăрăшмалла.

И. ТИХОНОВ.

★ ★ ★

ШĂМĂРШĂ. Районти чылай колхозсенче обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ хатĕрлеме тăрăшса ĕçлеççĕ. Ворошилов ячĕпе, Максим Горький ячĕпе тăракан колхозсем, МТС механизаторĕсем пулăшнипе, силос хывмалли плана иртерсе тултарчĕç. Çавăн пекех силос хывассине «Правда», «Заря», «Хĕрлĕ ял» колхозсем те тăрăшса ĕçлеççĕ.

И. Казаков механизатор пулăшнипе «Хĕрлĕ ял» колхозра кĕске вăхăт хушшинчех 150 тонна силос хыврĕç. В. Волгов механизатор та «Родина», Калинин ячĕпе тăракан колхозсенче тăрăшса ĕçлет.

Г. ПАВЛОВ.

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Пĕрремĕш занятисенчи çитменлĕхсем

Парти вĕренĕвĕн кăçалхи çулĕ Муркаш районĕнче хăвăртрăх пуçланчĕ. Вĕренӳ çулне хатĕрленес тĕлĕшпе КПСС райкомĕпе пуçламăш парторганизацисем чылай ĕçсем туса ирттерчĕ. Пурĕ 58 политшкулпа кружок тата 9 семинар организациленĕ. Унта вĕренӳе коммунистсене тата партире тăман актива пурĕ 1039 çын хутшăнать. Пропагандистсене çулталăкра илсе çирĕплетнĕ, сентябрьте вĕсем пĕрремĕш семинарсенче пулнĕ. Çак семинарсенче райком секретарĕсем ертсе пынă, тĕп ыйтусем тăрăх хăйсем доклад туса панă.

Анчах ку районта парти вĕренĕвĕнче пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Акă Энгельс ячĕпе тăракан тата «Труд» колхозсенчи пуçламăш парторганизацисенче парти вĕренĕвĕн çулĕ кĕнеке пуçланнинчен курма пулать.

Энгельс ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци çумĕнче икĕ кружок организациленĕ. Анчах кружоксенче кам-сем вĕренмеллине палăртнă чухне йăнăшсем тунă: вĕренмелли юлташсемпе кашниннех калаçса пăхса, вĕсен кăмăлĕсене шута илмен, уйрăмах ку ĕçе пропагандистсене хăйсене хутшăнтарман. Павлов юлташ ертсе пыракан кружокăн пĕрремĕш занятине 21 вĕренекентен 11-шĕ кăна пынине, пĕр енчен илсен, çавăнпа ăнлантарса памалла та ĕнтĕ. Беловпа Степанов коммунистсем чирлĕ пирки занятисене çӳреме пултараймаççĕ, апла пулин те вĕсене, хăйсемпе уйрăммăн калаçса пăхмасăрах, кружокра вĕренекенсен шутне кĕртнĕ.

Кунта кружоксенче вĕренмелли çынсен списокне тунă чух вĕсен пĕтĕмĕшле тата политикăлла пĕлӳвĕсене шута илмен. КПСС историне марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем тăрăх вĕренмелли кружокра 23 çын вĕренет. Вĕсенчен виççĕшĕ пуçламăш шкултан вĕренсе тухнă. Виллĕвĕшĕ—туллимар аслă пĕлӳ илнĕ, вĕсенчен тăваттăшĕ халĕ педагогика институтĕн виççĕмĕш курсĕнче заочно вĕренеççĕ. Пирĕн шутпа, вĕсене икĕ çĕрте вĕрентме кирлĕ мар, пур аслă шкулсенче те марксизм-ленинизм никĕсĕсене вĕрентнине пурте пĕлеççĕ ĕнтĕ.

Павлов юлташ ертсе пыракан кружокăн занятийĕ икĕ сехет вырăнне пĕр сехет те 35 минут çеç пычĕ. «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарни» çинчен пропагандист 40 минут хушши ăнланмалла, çăмăл чĕлхепе каласа пачĕ. Анчах унăн пысăк çитменлĕхĕ çакă пулчĕ: вăл темăна пĕтĕçтерсе каламарĕ. Уйрăмах КПСС-ăн хальхи вăхăтри тĕп задачисем, партин XIX-мĕш съезчĕ, Центральнăй Комитетăн сентябрьти Пленумĕ, партипе правительство ун хыççăн йышăннă решенисем çинчен, çавна май колхозри коммунистсемпе комсомолецсем, колхозлă ялăн мĕнпур ĕçченĕсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен вăл нимĕн шарламасăрах иртсе кайрĕ.

Вĕренекенсем пропагандиста нимĕнле ыйту та памарĕç. Вуннăпĕр минута пынă калаçу вăхăтĕнче пропагандист вĕренекенсем умне 5 пĕчĕк ыйту лартрĕ: РСДРП-ăн пĕрремĕш съезчĕ хăçан пулнă? РСДРП-ăн иккĕмĕш съезчĕ хăçан пулнă т. ыт. те. Кунашкал ыйтусем, паллах, вĕренекенсене пачах шухăшлаттармаççĕ, вĕсем темăна мĕнле ăнланнине пĕлме те май памаççĕ.

Кружок занятийĕсене ирттерме кирлĕ условисене малтанах туса хатĕрлемен. Пӳлĕмре сивĕ, пурте тумтирпе ларчĕç. Çутă çителĕксĕр, пропагандист ларакан сĕтел çинче кăна пĕр лампа пур. Çавăнпа çырма май çук. Нумайăшĕ хут-кăранташсăрах пынă.

«Труд» колхозри парторганизацинче те КПСС историне вĕренмелли иккĕмĕш çул ĕçлекен кружокăн пĕрремĕш занятийĕ идейăлла-политикăлла шайĕ тĕлĕшĕнчен çулĕ вырăнта пулмарĕ. Парти райкомĕн пропагандисчĕ С. Ф. Федорова юлташ темăна ăнлантарса пачĕ, анчах Коммунистсен партийĕн хальхи вăхăтри задачисем, [illegible] тăракан практикăлла ĕçсем çинчен каламарĕ. Пропагандист хăй ăнлантарнă чухне пĕр вĕçĕмсĕр конспект çине пăхса пына е хаçатри сыпăкĕсене вула-вула пани те итлекенсене ывăнтарать.

«Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарни» темăна вĕренме çак икĕ колхозри парти вĕренĕвĕн кружокĕсенче вĕренекенсен кĕнекесем те, ку темăпа материал пичетленсе тухнă хаçатсем те çук.

Пропагандистсем занятисенче, хăйсен калаçăвне вĕçленĕ хыççăн, тема тăрăх вулама литература кăтартаççĕ. Хăйсен портфелĕнчен пĕр экземпляр кĕнеке кăлараççĕ те, вĕренекенсене çапла сĕнеççĕ:

— Çак кĕнекепе усă курма пултаратăр. Ăна киоскра туянма пулать,—теççĕ йăвашшăн, тархасласа ыйтнă пек пулса. Вĕренекенсем те вара пропагандистран çав пĕртен-пĕр кĕнекене ыйтма хăюлăх çитереймеççĕ. «Вăл Муркашран ĕнер çеç килнĕ-çке, ку кĕнекене ниро валли те мĕншĕн илсе килмен-ши тата?»—ыйтаççĕ хăйсен ăшĕнче. Чăнах та, хăйсен ăшĕнче мар, тулли сасăпа уççăн ыйтма тивĕç вĕсем: кĕнеке сутакан киоск район центрĕнче, унта çитме 10—15 километр каймалла. Кунти пуçламăш парторганизацисем ял ĕçченĕсем хушшинче кăна мар, коммунистсем хушшинче те хаçат-журнал çырăнтарас ĕçе организациленмен. Çавăнпа «Труд» колхозра парторганизаци секретарĕ И. Гордеев юлташ хăй кăна хаçат илсе тăрать, «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарни» темăпа материал пичетленсе тухнă хаçат унăн çеç пур.

Парти вĕренĕвĕнче дисциплина çирĕп пулмасăр ĕç ăнăçлă пырасса кĕтме çук. Анчах асăннă икĕ колхозра та дисциплинăна пăхăнассине йĕркелесе çитермен-ха. Занятисем пĕр кружокĕнче 3 сехет, теприне сехет çурă иртсе юлса пуçланчĕç. «Труд» колхозра ирттермĕ палăртнă кун заняти пулмарĕ, мĕншĕн тесен вĕренекенсем нумайăшĕ занятие пыман.

Хăшпĕр коммунистсем марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн те вĕренмеççĕ, кружок занятийĕсене те çӳремеççĕ. Акă Энгельс ячĕпе тăракан колхозра А. Димитриевпа Н. Федоров коммунистсем пĕрремĕш занятине нимĕн сăлтавсăр пыман. «Ударник» колхозра та вĕренекенсем пухăнман пирки ирттерме палăртнă кунне те, тепĕр кунне те заняти пулман. Кунта парторганизаци секторĕ Игнатьев юлташ занятисене хăй те пыман. Ку колхозри коммунистсем хушшинче дисциплина сӳрĕк пулнă пирки, парти вĕренĕвĕ иртнĕ вĕренӳ çулĕнче те йĕркеллĕ пулса пырайман.

Парти вĕренĕвĕн малтанхи кунĕсенче палăрнă çитменлĕхсене сийĕнчех пĕтермелле, пропагандистсен вĕренĕвне лайăхлатса, вĕсен ăсталăхне ӳстерсе пымалла, занятисен, семинарсен, докладсемпе лекцисен идейăлла-политикăлла шайне хăпартасси парти вĕренĕвĕнче чи кирли пулса тăрать. Çакна кулленхи ĕçре асра тытса пырасси КПСС райкомĕпе пуçламăш организацисен тивĕçĕ.

Ст. ИВАНОВ.

## Заводри парторганизаци начар ĕçлет

Элĕкри сĕт-çăвă-кантăр заводĕ республикăри пысăк предприятисенчен пĕри пулса тăрать. Унта государствăна сĕт нумай пулмай районсенчен пыраççĕ. Кунта рабочисен коллективĕ те пысăк. Паллах, çак пысăк предприятири парторганизаци ертсе пырас ролĕ те пысăк пулмалла.

Анчах сĕт-кантăр заводĕнчи пуçламăш парторганизаци юлашки вăхăтра партилле-организацилле, партилле-политикăлла ĕçсене япăхтарса янă.

Коммунистсене ĕçре чăтăмлă пулма, парти директивисене яланах пурнăçласа пыма воспитани памалли чи шанчăклă май вăл—парти пухăвĕ пулса тăрать. Заводра парти пухăвĕсене сайра хутра кăна ирттереççĕ. Кăçал пĕтĕмпе те тăватă пуху кăна пулса иртнĕ. Вăл пухусене те ячĕшĕн кăна, нимĕн хатĕрленмесĕр, плансăр ирттернĕ. Пухусенче завод пурнăçĕнчи ыйтусене, производствăпа çыхăнса тăракан ыйтусене сӳтсе явман. 1953 çулта ирттернĕ тăватă пухуран пĕринче кăна заводра агитацилле-массăлла ĕç мĕнле пулса пыни çинчен сӳтсе явнă. Анчах сӳтсе явнă ыйту тăрăх нимĕнле решени те йышăнман.

Пуçламăш парторганизаци секретарĕ И. Кондратьев юлташ пухусене ирттерме пачах хатĕрленмест. Коммунистсем пуху пуласси çинчен пуху пулнă кун кăна пĕлеççĕ. Çавна пула пухусен идейăлла-политикăлла шайĕ çителĕксĕр пулать, критикăпа самокритика тивĕçлĕ вырăн йышăнмасть.

Завод пурнăçĕнче стена хаçачĕсемпе боевой листоксем пысăк вырăн йышăнса тăма тивĕçлĕ. Анчах кунта стена хаçачĕсене май уйăхĕнчен вара пĕр номер та кăларман, боевой листоксемпе çиçĕм-хаçатсене вăхăтра кăларассине те йĕркелемен.

Заводри сменăсем, бригадăсем производство заданийĕсене мĕнле пурнăçланине тăтăшах çутатса тăни питĕ кирлĕ. Анчах кунта кăтарту хăми çук. Рабочисем хушшинче хаçат-журнал вулассине, лекцисемпе докладсем ирттерессине йĕркелемен. Çавна пула чылай рабочисемпе работницăсем çĕршыври лару-тăру çинчен сахал пĕлеççĕ, предприятинчи малта пыракан производственниксен пуçарăвĕсене пĕлмесĕрех юлаççĕ. Социализмла ăмăрту тивĕçлĕ вырăнта тăмасть.

Парти райкомĕ йышăннă решенисене коммунистсем пĕлмесĕр юлни те пулкалать. Кăçал КПСС райкомĕ ирттернĕ 10 пленумран тăваттămĕш пленум «Парти организацийĕсем комсомол организацийĕсене ертсе пыни çинчен» йышăннă решение кăна пухура сӳтсе явнă. Ку ыйтăва та малтан тĕплĕн хатĕрленмесĕр, васкаса пăхса тухнă, комсомолăн пуçламăш организацине ертсе пырас ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе нимĕнле практикăлла сĕнӳ те пулман, решенине те çиелтен кăна йышăннă.

Парторганизаци профсоюз комитечĕн ĕçĕпе пачах интересленмест. Кăçал парти пухăвĕсенче профсоюз организацийĕн ĕçĕсем çинчен пĕрре те сӳтсе явман.

Пуçламăш парторганизацинче коммунистсем сахал, пĕтĕмпе те пилĕк коммунист кăна. Апла пулин те, Кондратьев юлташ производствăра малта пыракансене партие илсе, парторганизацие ӳстересси çинчен шутламасть.

С. ИВАНОВ,
А. МЕШКОВ.

### Районти хаçатсене пăхса тухни

## Фельетонсем тарăн шухăшлă пулмалла

Вăрмар районĕнчи «Хĕрлĕ ялав» хаçат сентябрĕн 13-мĕшĕнче тухнă номерте «Афишăсем пирки» ятлă пĕчĕк фельетон пичетленĕ. Фельетон содержанийĕ çапла: Вăрмар поселокĕнче кино пуласси çинчен [illegible] начĕн склачĕ çумне çакнă. Çакасса кăшт сӳлерех çакнă пулас. Çавна курсанах Вадим Ухрурь харать те фельетон çырать.

Фельетонне вăл çапла вĕçлет:

«Афишăсене лайăх, илемлĕ çырса, культурăллă вырăнсене çапассине пĕлмелли пирки ӑстутарса культура пайĕн заведующийĕн ĕçĕсене туса пыракан А. И. Иванов юлташ умне афиша çырса çапмалла пулать пулĕ...».

Фельетонăн тĕп шухăшĕ çапла пулса тухать: афишăна склад çине тата сӳлĕ вырăна çапмалла мар.

Районти хаçатра çавăн пек фельетон пичетленсе тухни çакăн пек ыйтусене хускатма хушать: фельетонăн темипе содержанийĕ тата унăн чĕлхипе сăрĕ мĕнле пулмалла?

«Хĕрлĕ ялавра» тухнă «Афишăсем пирки» фельетона илсен, ăна нихăш енчен те фельетон теме çук. Пĕчĕк фельетон тени те ăна çăлаймасть. Мĕншĕн? Фельетон пулма унăн содержанийĕ те çитмест, теми те ытла пĕчĕк, чĕлхи те яка мар. Фельетонри пек мăшкăласа кулма хăтланни пачах вырăнсăр.

Вулакан хаçатран урăхла фельетонсем кĕтет. Нимсĕрех пуш сăмах çаптарса кирек мĕнрен кулма хăтланнине вулакан хисеплемест. Вулакана тарăн шухăшлă та пысăк ыйтусене илемлĕ те сивĕч чĕлхепе çутатакан фельетон кирлĕ. Çавăн пек фельетонсене вулакансем яланах юратса вулаççĕ.

Фельетонсене районсенчи ытти хаçатсем те пичетлеççĕ. Анчах та хăшпĕр хаçатсем фельетонăн содержанийĕпе чĕлхи çине питех çаврăнса пăхмаççĕ, фельетон пĕлтерĕшĕ мĕнле пулмаллине шута илмеççĕ. Хăть кирек мĕн çинчен çыр, кулăшла çеç пултăр тесе шутлаççĕ пулас чылайăшĕ. Вара фельетон пулмалла мар материалсенех фельетон тесе пичетлеççĕ.

Сăмахран, «Вăйлă тырпулшăн» (Шăхасан), «Сталин ялавĕпе» (Шăмăршă), «Коммунар» (Первомайски) тата ытти хăшпĕр хаçатсенчи фельетонсене илсен, вĕсенчен чылайăшĕ пĕр шаблонпа тата Ухрурь фельетонĕ пек пĕчĕк ыйту пирки çырнăскерсем çеç. Кашниннех «суттине сыпаççĕ». Содержанийĕ вара икĕ тĕрлĕ: пĕрисенче геройĕсем ăрех ĕçеççĕ те кайран киревсĕр ĕçсем тăваççĕ, теприсем урăхла—малтан усал ĕç тăваççĕ, кайран ĕçеççĕ.

«Коммунар» хаçатри фельетонсене вуласан, Первомайски районĕнче ĕçкĕсĕр пуçне урăх тема та çук темелле.

Ӳсĕр çын ахаль те кулăшла. Çырсан тата кулăшларах тухма пултарать. Çăмăл майпа пырса, кунта фельетонсене «сыпма» юратакансем çинчен çеç çыраççĕ. «Киномеханикăн мыскарисем» тенĕ фельетон кирлĕ мар сĕртенех ăрех ĕçнипе пĕтет. Унсăрăн кулмалли çук пек туйăнать пулас автора. Майăн 24-мĕшĕнче тухнă «Калаçма та, суйма та ăста» ятлă фельетон ӳсĕр велосипедист—вулав çуртĕн заведующийĕ çинчен каласа парать.

Августăн 6-мĕшĕнче тухнă номерте «Çăмăл пурăнакансемпе вĕсене хӳтĕлекенсем» тенĕ фельетонра та «сӳтĕл çине часах ăрех тухса ларать». Тепĕр икĕ эрнерен «Коммунар» хаçатра «Ăшă йăвара» ятлă фельетон пичетленет. Унта та «хăна-вĕрле çĕмĕрĕлет», ĕçкĕ-çикĕ пырать. Сентябрĕн 3-мĕшĕнче тухнă фельетона мĕн çинчен çырни «Ĕçкĕшĕн шыва сикме хатĕр» тесе ят панинченех курăнать.

Çаксем ĕнтĕ фельетон темисем питĕ ансăр, шухăш тĕлĕшĕнчен вĕсем питех те шупка пулнине кăтартса пыраççĕ. Нумайăшĕ вĕсем—«редакцие килнĕ çырусем» тенĕ çĕре çеç ямалăскерсем. Афишăна сӳлĕрех вырăна çакас ыйтăва фельетон теми тесе кам калама пултартăр? Ялан ĕçкĕ-çикĕ çинчен çырни те фельетон темине вĕтетсе яни çинчен калать. Пурте пĕлеççĕ: çерçие тупăпа пемеççĕ, пĕчĕк ыйтусем пирки фельетон çырмаççĕ.

Совет пичетĕнче пичетленекен фельетонсен тĕп тĕллевĕ—капитализмла обществăран юлнă йăласене, коммунизм тăвас ĕçри чăрмавсене пĕтерсе пыма пулăшасси. Фельетон вăхăт ирттерме е канна май вуламалли япала мар, вăл чи малтанах тарăн шухăшлă пулмалла.

Анчах фельетон çинчен çапла калани фельетон хыткан, типĕ те мăклак пулмаллине пĕлтермест. Фельетонра кулна кирлех. Çавăн пекех фельетона çăмăл чĕлхепе çырмалла тени те темăна çиелтен çеç шăйăрттарса çырмаллине пĕтермест. Тарăн шухăша çăмăл чĕлхепе çырса ăнлантарни фельетонăн чи паха енĕ. Фельетонра усал ĕç тăваканран мăшкăлласа кулни ăна хытă çапса хуçать. Анчах та «Афиша пирки» фельетонри пек ним айăпсăрах совет служащийĕнчен кулни пулмалла мар. Кирлĕ-кирлĕ мар çинчен çыни кулни вăл авторăн шухăш çуккине çеç пĕлтерет.

Хăшпĕр районсенчи хаçатсенче пичетленекен фельетонсенче пуринчен ытларах «сутти» пирки çыраççĕ, терĕмĕр. Калас пулать, ĕçе пăрахса ĕçме юратни, çын ялан ӳсĕр çӳрени вăл — капитализмран юлнă йăла. Çавăнпа унпа кĕрешни кирлех. Анчах фельетонсене пурне те «сутти» пирки çырни эпир ытти çитменлĕхсене курманнине пĕлтерет. Хаçатсен пурне те курмалла, фельетон теми тĕрлĕрен пулмалла.

Фельетон çырас ĕç—çăмăл ĕç мар. Вулама çăмăл пулин те, ăна çырма йывăр. Фельетон çырма юратакансен, фельетонăн тĕп принципĕсене пĕлнисĕр пуçне, илемлĕ литературăн никĕсне те пĕлесех пулать.

Хаçатсенче фельетонсем ытларах пичетлемелле. Анчах вĕсем идея тĕлĕшĕнчен сӳлĕрех, темăпа содержани енчен анлăрах, чĕлхе енчен илемлĕрех пулма кирлĕ.

### Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Муркаш районĕнчи Энгельс ячĕпе тăракан колхозри радиоузел япăх ĕçлени çинчен çыру килнĕччĕ. Çырăва редакци КПСС Муркаш райкомне тĕрĕслеме янăччĕ.

КПСС Муркаш райкомĕ çырура кăтартнă фактсем тĕрĕс пулни, радиоузелта ĕçлекен Л. Е. Орлов юлташа хăй ĕçне тирпейлĕ туса пыманшăн Энгельс ячĕпе тăракан колхоз правленийĕ ятлани тата радиоузел ĕçне лайăхлатма тивĕçлĕ мерăсем йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

### Сĕнĕ кĕнекесем

## „Украина калавĕсем“

Султан сулах чăваш халăхĕпе Украина халăхĕ хушшинче культура çыхăнăвĕ çирĕпленсе, çирĕпленсе пырать. Чăваш писателĕсем Украина писателĕсен кĕнекисене чăвашла куçараççĕ, Украина писателĕсем чăваш писателĕсен произведенийĕсене куçарса хăйсен халăхне паллаштараççĕ.

Украина халăхĕн аслă поэчĕн Тарас Шевченкăн нумай сăввисемпе поэмисене вăрçăччен ех чăвашла куçарса уйрăм кĕнеке туса кăларнăччĕ. Халĕ Шевченкăн «Кобзарьне» çĕнĕрен чăвашла куçараççĕ.

Украина драматургĕсен чылай пьесисене чăваш сцени çинче лартнă. Вăл шутра—А. Корнейчукăн «Платон Кречет», В. Собкон «Усă çил», В. Буряковскин «Пурнăçа юратса» ятлă пьесисем. Çак спектакльсене куракансем ăшă кăмăлпа йышăнчĕç.

Чăваш совет поэзийĕн никĕсне хывнă Çеçпĕл Мишши вилнĕренпе пĕлтĕр вăтăр çул тултарчĕ. Çавна май, Украинăра унăн «Хурçă шанчăк» ятлă кĕнекине куçарса кăларнă. Çеçпĕл сăввисене украинла куçарас ĕçе Украинăри чи паллă поэтсем—Максим Рыльский, Микола Бажан, Андрей Малышко тата ыттисем те хутшăннă.

Кăçал Украинăра К. В. Ивановăн «Нарспи» ятлă вилĕмсĕр поэми пичетленсе тухрĕ.

Халĕ, Украинăри чи лайăх писательсен произведенийĕсемпе тăван халăха паллаштарас шутпа, чăваш писателĕсем «Украина калавĕсем» ятлă кĕнеке туса кăларчĕç. Вăл кĕнеке çак кунсенче Чăвашсен государство издательствинче 5000 тиражпа пичетленсе тухрĕ. Унта Украинăри 17 прозаикĕн калавĕсене кĕртнĕ. Вăл шутра—Ярослав Галан, Остап Вишня, Олесь Гончар, Юрий Збанацкий, Петро Панч, Натан Рыбак, Юрий Смолич, Юрий Яновский тата ыттисен произведенийĕсем.

Кĕнеке вĕçĕнче авторсен кĕске биографийĕсене пичетленĕ.

## Пĕчĕк ачасем валли кăларнă кĕнекесем

Чăвашсен государство издательстви юлашки вăхăтра пĕчĕк вулакансем — шкул çулне çитмен тата пирвайхи класенче вĕренекен ачасем валли нумай ӳкерчĕксемпе илемлетнĕ кĕнекесем кăларас ĕçе йĕркелеме тытăнчĕ.

Нумай пулмасть икĕ кĕнеке тухрĕ: пĕри—Николай Евстафьевăн «Пирĕн Шупашкар», тепри—Александр Кăлканăн «Эсĕ пысăк ĕнтĕ» ятлă сăвă кĕнекисем.

Н. Евстафьев хăйĕн кĕнекинче пĕчĕк вулакансене хамăр республикăн столици çинчен, унти паллă çуртсем, заводсем, магазинсем, стадион т. ыт. çинчен каласа парать. Тăван хула малашне мĕнле ӳссе аталанасси, чăпланса каясси çинчен те кĕскен каласа кăтартать. Кĕнекен кашни страницинчех пысăк ӳкерчĕксем пичетленĕ (вĕсене Л. Осинский художник тунă), çав ӳкерчĕксем паянхи Шупашкар сăн-сăпатне пит аван кăтартса параççĕ.

А. Кăлкан кĕнекинче 40 сăвă пичетленнĕ. вĕсен тематики пит те нумай енлĕ. Сутсанталăк, кайăк-кĕшĕк, тĕрлĕ чĕрчунсем çинчен çырнă сăвăсемпе пĕрлех, автор хăйĕн кĕнекине хальхи колхоз пурнăçĕ, ялхуçалăхĕнче усă куракан техника, электростанцисем т. ыт. çинчен калакан сăвăсем кĕртнĕ. Кунта та Н. Евстафьев кĕнекинчи пекех, ӳкерчĕксем нумай.

Икĕ кĕнекине те пысăк форматпа, лайăх хут çинче пичетлесе кăларнă.

# Яланхи комиссисен ĕçне лайăхлатмалла

**З. А. АНДРЕЕВА,**
*Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ*

Вырăнти Советсем умĕнче хуçалăхпа культура строительстви енĕпе тăракан задачăсем питех те пысăк. Çак задачăсем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн историлле решенийĕсенчен, партин Центральнăй Комитечĕн кăçалхи сентябрьти Пленумĕн тата СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсенчен тухса тăраççĕ. Ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен халăх ыйхăнлинчен тимлĕрех ĕçлемелле, вĕсен ответлăхĕ халĕ ыйхăнлинчен ытларах пысăкланчĕ. Вĕсен ĕççыннисен анлă массисене пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарассишĕн тата ирттерсе тултарассишĕн тăрăшма мобилизацилемелле, социализмла экономикăпа культурăна малалла ӳстерсе, ялхуçалăхне пур енĕпе те малалла аталантарса, халăхăн материальнăй пурнăçне тăтăшах лайăхлатассине пурнăçа кĕртсе пымалла.

Советсен вăйĕ—вĕсем ĕççыннисен массисемпе тачă çыхăнса тăнинче, государствăн нумай енлĕ ĕçĕсене тума яланах актива хутшăнтарнинче. Пирĕн çĕршывра государство ĕçĕсене пурнăçлама ĕççыннисен анлă массисене хутшăнтарнă, ĕлĕкхи вăхăтра, патша саманинче, вĕсем политикăлла пурнăçа пачах хутшăнман пулнă.

«...Пирĕн халĕ пĕр хутчен хытă тимленнипе хамăрăн государство аппаратне нумай хут лайăхрах тума питех те тĕлĕнмелле хăватлă май пур, ун пек май капитализмла пĕр государствăн та никçан те пулман тата пулма та пултараймасть,—тенĕ В. И. Ленин.—Çакă тĕлĕнмелле хăватлă май—государство управленийĕн кулленхи ĕçне туса пыма ĕççыннисене хутшăнтарни»... (В. И. Ленин, Соч. 26 т., 87 стр.). Вырăнти Советсен хула, район, ял пурнăçĕнче çыхăннă хуçалăхла-политикăлла ĕçсене тума активистсене мĕн чухлĕ нумайрах хутшăнтараççĕ, вĕсен ĕçĕ çавăн чухлĕ ăнăçлăрах пулса пырать.

Коммунистсен партийĕпе Совет влаçĕ совет активĕн нумай йышлă кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлерĕç. Вĕсем государство управленийĕн ĕçне тума вĕренсе пычĕç, халĕ те нумай вĕренеççĕ. Депутатсемпе пĕрле Советсен ĕçне халăхăн анлă сийĕсем, производствăра чи лайăх ĕçлекенсем, пысăк тухăçлă тырпул мастерĕсем, интеллигентсем хутшăнаççĕ. Актива Советсен ĕçне тĕрлĕ майсемпе тата меслетсемпе хутшăнтарса пыраççĕ.

Депутатсемпе актива государство ĕçĕсене тума, хуçалăхла-политикăлла пур ĕçсене те туса пыма хутшăнтармалли чи паха тата витĕмлĕ формăсенчен пĕри вăл—вырăнти Советсен яланхи комиссийĕсем. Комиссисенче вуншар пин депутатсем ĕçлеççĕ. Комиссисем хăйсен ĕçне ĕççыннисен çĕнĕ те çĕнĕ сийĕсене хутшăнтарма, актива ĕçре вĕрентсе пыма, актив йышне ӳстерсе пыма тивĕçлĕ. Вĕсен çакна асра тытас пулать: Советăн яланхи комиссийĕсенче ĕçлекен актив государство строительствин ĕçĕсене хутшăнать, государство управленийĕн практикăлла ĕçĕсене туса пырать. Яланхи комиссисем актившăн государство ĕçне тума вĕренмелли шкул пулса тăрать. Ку ĕçсене хутшăннă май, унăн политикăлла пĕлӳвĕсем ӳсеççĕ, вăл ĕçсене организацилеме хăнăхса пырать. Çапла майпа массăсене тачă çыхăннă организаторсен, политикăлла лекторсен нумай йышлă кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлеççĕ. Çак кадрсен активлăхне ӳстересси, вĕсене ĕçе хăюллăн явăçтарасси—вырăнти Советсен тивĕçĕ. Советсен çав кадрсен творчествăлла пуçарулăхĕпе тата хастарлăхĕпе ĕçре усă курмалла. Вĕсем коммунизм тăвас ĕçре хастарлă тата тимлĕ ĕçлеччĕр тесен, Советсен, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, çав кадрсене организацилесе тата вĕрентсе пымалла.

Коммунизм строительствинчи задачăсене пурнăçлас ĕçре вырăнти Советсен яланхи комиссийĕсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Яланхи комиссисем Советсене тата вĕсен исполкомĕсене ĕçре пулăшса пыма тивĕçлĕ. Яланхи комиссисем Совет хушнипе, Совет исполкомĕ ыйтнипе е хăйсем пуçарнипе исполком пайĕсен ĕçĕсене, Совет территорийĕсенчи организацисен, учрежденисен тата предприятисен ĕçĕсене тĕрĕслеççĕ, анчах çавăн чухне вĕсем оперативлă ĕçсене хутшăнмаççĕ. Комиссисем Советсен тата вĕсен исполкомĕсен решенийĕсем мĕнле пурнăçланса пынине тĕрĕслесе тăрас ĕçе организацилеççĕ. Исполком Совет ларăвĕнче пăхса тухма тăратакан ыйтусем тăрăх комиссисем хăйсен шухăшне пĕлтереççĕ тата сĕнӳсем параççĕ, кирлĕ пулсан çав ыйтусене çутатса пама содокладчиксем уйăраççĕ. Яланхи комиссисем—Советсен массăллă органĕсем.

Чăваш республикинчи вырăнти Советсенче яланхи комиссисем икĕ пине яхăн. Вĕсенче утă пин депутат ытла ĕçлет. Комиссисенче ĕçleме активистсене 12 пин çын ытла хутшăнтарнă. Çак пысăк йышлă актив çине таянса, Чăваш республикинчи вырăнти Советсен яланхи комиссийĕсем хулара та, ялта та пысăк ĕç тăваççĕ.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçулăхра комиссисем ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсенче тата вĕсен исполкомĕсенче пăхса тухма пĕр пин сĕнӳ ытла тăратнă, 995 ыйтупа район, хула, ял тата поселок Совечĕсен сессийĕсенче содокладсем туса панă.

Халичченхи ĕçрен çакă курăнать: Советсем яланхи комиссисен ĕçĕсене тĕрĕс ертсе пырсан, Советсен исполкомĕсем вĕсене тăтăшах пулăшса тăрсан, çав Советсен ĕçĕсем ăнăçлă пулса пыраççĕ, вĕсем ĕçре чылай пысăк çитĕнӳсем тăваççĕ.

Яланхи комиссисен ĕçне лайăх йĕркелеме Улатăр хула Совечĕн исполкомĕ нумай пулăшать. Суйлав хыççăн яланхи комиссисене организацилесенех, хула Совечĕн исполкомĕ комисси членĕсен канашлăвне ирттернĕ, унта вĕсен прависемпе, обязанноçĕсемпе, ĕç формисемпе тата меслечĕсемпе, исполкомăн ĕç планĕпе паллаштарнă. Исполком руководителĕсем комисси членĕсене вĕсен мĕн-мĕн тумалли çинчен каласа панă, ĕç планĕ тума, ĕçе тĕрĕс йĕркелеме пулăшнă, çавăн чухне ĕççынни депутачĕн виççĕмĕш созыври Совечĕн яланхи комиссийĕсен ĕçри опытне, паха тĕслĕхсене шута илнĕ. Исполком яланхи комиссисен председателĕсен канашлăвĕсене кашни уйăхрах ирттерет. Канашлура вĕсем умра тăракан пĕр-пĕр ĕç çинчен сӳтсе яваççĕ, ĕçри опытпа пĕр-пĕрне паллаштараççĕ. Çапла, хула Совет исполкомĕ майăн 27-мĕшĕнче комиссисен председателĕсен канашлăвне ирттернĕ. Унта исполком пайĕсен заведующийĕсем те пулнă. Канашлура комиссисем мĕн тумалли çинчен, вĕсем исполкомпа тата унăн пайĕсемпе тачă çыхăнса ĕçлемелли çинчен сӳтсе явнă. Исполком яланхи комиссисен ларăвĕсене хăш кун ирттермеллине палăртса панă. Кунта комисси членĕсем исполком ларăвĕсенче, исполком членĕсем комиссисен ларăвĕсенче пулаççĕ, вĕсем пĕр-пĕрне пур ĕçре те пулăшаççĕ. Çакă вара исполком работникĕсене тата яланхи комиссисен членĕсене ĕçсене лайăх йĕркелеме, ĕçре çитĕнӳсем тума май парать.

Улатăр хула Совечĕн суту-илӳ енĕпе ĕçлекен яланхи комиссийĕ (председателĕ Т. Е. Хапрыкина депутат) лайăх ĕçлет. Комиссире тăхăр депутат; комиссире ĕçлеме тата активран 19 çын хутшăнтарнă, вĕсем пурте тăрăшса ĕçлеççĕ. Комисси членĕсем — Серухина Масник депутатсем чугун çул уйрăмĕн ОРС-ĕ тата Чăвашторг уйрăмĕ мĕнле ĕçленине тĕрĕсленĕ. Вĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртнă. Магазинсенче халăха кирлĕ таварсем, тумтир, кĕпе тавраşĕ, çĕлĕк-картус пулман е питех те сахал пулнă, çапах та хулари организацисен руководителĕсем вырăнти промышленность предприятийĕсенчи çавăн пек япаласем çĕлес ĕçе йĕркелеме тăрăшман. Хула Совечĕн исполкомĕ 1953 çулхи мартăн 20-мĕшĕнче йышăннă решени тăрăх, суту-илӳ организацийĕсен магазинра сутмалли пир-авăр фончĕн 5 процентĕнчен кĕпе тавраşĕ тата тумтир сутлăх çĕлеттерес пирки «Красная швея» артельпе договор тумалла пулнă. Анчах суту-илӳ организацийĕсем исполкомăн çав решенине пурнăçламан. Магазинсемпе ларексене çăкăрсемпе булкăсем хăшпĕр чухне графикра палăртнă вăхăтра илсе пыман. Сутăнмасăр выртакан таварсен хисепĕ норма тăрăх пулмаллинчен икĕ хут нумайрах пухăннă. Магазинсемпе ларексене суту-илӳ вăхăтра уçнипе уçманнине, вĕсем мĕнле ĕçленине, суту-илӳ йĕркине мĕнле пурнăçласа пынине кирлĕ пек тĕрĕслесе тăман. Çавна пула «Красная швея» артель магазинĕ хулара пасар пулнă кунсенче пачах ĕçлемен.

Суту-илӳ ĕçне тĕрĕсленĕ чухне пухнă материала яланхи комисси хула Совечĕн исполкомĕнче пăхса тухма тăратнă. Ку ĕçри çитменлĕхсене пĕтерес енĕпе комисси хăйĕн сĕнĕвĕсене хатĕрленĕ. Хула Совечĕн исполкомĕ ку ыйтăва пăхса тухса, хулара суту-илӳ ĕçне лайăхлатасси çинчен решени йышăннă. Ку решенипе пурнăçлас ĕç мĕнле пынине тĕрĕслесен, решенире асăннă çитменлĕхсене нумайăшне пĕтерни палăрнă. Сутмалли пир-авăр фончĕн 5 процентĕнчен «Красная швея» артельте сутлăх кĕпе тавраşĕ тата тумтир çĕлеттерес ĕçе йĕркеленĕ. Магазинсемпе ларексене çăкăр тата булка вăхăтра илсе пыраççĕ. Суту-илӳ тумалли вăхăтра пур магазинсемпе ларексем те ĕçлеççĕ.

Суту-илӳ комиссийĕ май уйăхĕнче нумай магазинсемпе столовăйсене тĕрĕсленĕ. Комисси членĕсем столовăйсенче йĕркеллĕх çуккине, суту-илӳ организацийĕсен руководителĕсем столовăйсенче апат пĕçерме тата сутма ир пулакан пахча çимĕç хатĕрлеме, хĕлле валли пахча çимĕç типĕтсе хума тăрăшманнине палăртнă. Вĕсем суту-илĕве лайăхлатма пулăшакан сĕнӳсем панă. Комисси членĕсем А. П. Смирнова, В. Я. Дмитриева, П. П. Литвинов «Красная швея» артеле тĕрĕсленĕ чухне костюмсене начар çĕленине палăртнă. Тĕрĕслев материалне тата хăйĕн сĕнĕвĕсене комисси хула Совечĕн исполкомне тăратнă, артельти çитменлĕхсене пĕтерме мерăсем йышăнма ыйтнă. Хула Совечĕн исполкомĕ мерăсем йышăннипе «Красная швея» артелĕн ĕçĕ чылай лайăхланнă, унта тумтирсене тирпейлĕрех çĕлеме пуçланă.

Промышленноçпа транспорт енĕпе ĕçлекен яланхи комисси (председателĕ А. Б. Дембицкий депутат) хăйĕн задачисене тĕрĕс ăнланса илнĕ, вĕсене лайăх пурнăçласа пырать. Комиссире çичĕ депутат. Комисси хăйĕн ĕçне активран 3 çынна хутшăнтарнă. Кăçалхи май уйăхĕн вĕçĕнче комисси Улатăрти çыхăну кантурне, унта суйлавçăсен наказĕсене пурнăçлас енĕпе мĕнле ĕçсем тунине тĕрĕсленĕ. Хулара пĕр лини çинче темиçе телефон. Çапах та телефон линийĕсене урăхлатса лайăхлатма тытăнман. План тăрăх 340 вырăна радиорепродуктор лартмалла, июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне 210 вырăна çеç репродуктор лартнă. Линисене юсанă чухне виçĕ километр тăршшĕ киве провода çĕнĕ проводпа улăштарма, çĕнĕрен юпасем лартса икĕ километр тăршшĕ лини тума палăртнă. Ку ĕçсене тума материалсем пур, çапах та хулара çак ĕçсене пурнăçлама тытăнман. Осипенко ячĕпе, Володарский ячĕпе тăракан тата ытти урамсенче пурăнакансем чылайăшĕ хăйсен килĕсене радио кĕртме ыйтса заявленисем панă, анчах вĕсен ыйтăвĕсене тивĕçтермен. Хула хĕрринчи вырăнсенче, сăмахран, çĕнĕ стройкăсен районĕнче çыхăну уйрăмĕсем посылка йышăнас ĕçе йĕркелемен. Исполком сĕнниипе çыхăну кантурĕн ĕçĕсем çинчен хула Совечĕн сессийĕнче сӳтсе явнă. Ку ыйту

### Малта пыракансен опычĕ

## Кашни ĕнерен 5 пин килограмм сĕт

Нумай çул ĕçлесен курăксем акăнакан çывă çавралăшне пурнăçа кĕртсе, эпĕ ĕçлекен станцире выльăх апачĕн çирĕп никĕсне туса хунă. Халĕ пирĕн мĕнпур выльăха çулталăк тăршшĕпех рационпа тăрантарма пур тĕрлĕ апатсем те çителĕклĕ.

Кунта эпĕ хамăр станцире ĕнесене пăхма пăхни, вĕсен сĕт тухăçлăхне мĕнле ÿстерни çинчен калаçа парасшăн.

1952 çулта эпĕ хам пăхакан 10 ĕнерен кашнинчен вăтам шутпа 4.705 килограмм сĕт суса илнĕччĕ. Кăçал хам пăхакан 8 ĕнерен кашнинчен вăтам шутпа 5 пин килограмран кая мар сĕт суса илме сăмах патăм.

Мана çирĕплетсе панă ĕнесем пурте «красногорбатовски» ăратлă ĕнесем. Пирĕн станци умне çакăн пек задача лартнă: «красногорбатовски» ăратлă ĕнесене тата нумайрах сĕт паракан лайăх ăратсемпе пĕрлештерсе, çуллă та нумай сĕт паракан ăратлă ĕнесем ÿстересси. Паллах ĕнтĕ, çак задачăна татса парассинче ĕне пăхакансем палла вырăн йышăнаççĕ. Апат çителĕклĕ пулни—выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстермелли чи кирлĕ услови, анчах апатпа тĕрĕс усă курма тăрăшмасан, вăл усăсăр пĕтме пултарать.

Ĕнесене расписанипе палăртнă вăхăтра апат çиме, шыв ĕçме, усăлса çÿреме хăнăхтармалла. Выльăх пăхакансен хăйсен те çав вăхăта çирĕппĕн пăхăнса ĕçлемелле.

Май уйăхĕнчен тытăнса сентябре çитиччен эпир ĕнесене Мăн Сĕвĕ шывĕ хĕрринчи лагерьте тăрантарса усратпăр. Пур ĕçсем те кунта расписани тăрăх пулса пыраççĕ. Ирхине ĕнесене 4 сехетре сăватпăр та 6 сехет çитсессĕн çаран çине кăларса яратпăр. Пăрулнă ĕнесене тата сĕт нумай параканнисене 9 сехетре çаран çине кайса сăватпăр.

11 сехет çурăра кĕтÿ лагере таврăнать, 12 сехетре пур ĕнесене те сăватпăр, кун хыççăн вĕсем канаççĕ. Кăнтăрла иртсен 3 сехетре кашни ĕне пуçне вăтам шутпа 1,5 килограмм жмых, ун хыççăн симĕс конвейер валли акнă участок çинчен çулса килнĕ ешĕл курăк паратпăр.

4 сехетре кĕтÿ каллех çаран çине тухса каять, 6 сехетре вăл таврăнать те, ĕнесене кашнине вăтам шутпа 1,5 килограмм типĕ ыраш çăнăхĕ е 2,0 килограмм сĕлĕ çăнăхĕ паратпăр. 7 сехетре ĕнесене юлашки хут сăватпăр, кун хыççăн каллех симĕс курăк паратпăр. Каçхине 11 сехетре пирĕн ĕçкун вĕçленет.

Темиçе çул хушшинче эпĕ çакна асăрхарăм: чĕрĕ апат хыççăн ĕнесем типĕ апат çиесшĕн, ăна памасан, сĕт тухăçлăхне чакараççĕ. Пĕррехинче ĕнесене пама кĕске вăхăтлăха çеç типĕ утă пулмарĕ. Силоса рационпа пăхниччен нумайрах патăмăр, ĕнесем ун çине пăхмаççĕ те. Сĕт тухăçлăхĕ сасартăках чакни сисĕнчĕ. Выльăх кăшмане хуписа пани те пулăшмарĕ. Типĕ утă пама тытăнсанах, сĕт тухăçлăхĕ ÿсрĕ.

Дояркăн хăй пăхакан кашни ĕнен йăлине, ăна хăш вăхăтра мĕнле апата нумайрах е сахалрах памаллине лайăх пĕлмелле. Çакна асăрхаманни хăш чухне

сисен ĕçне пултарать. Пĕр тĕслĕхе аса илетĕп. Иртнĕ çулта «Нитка» ятлă ĕнене сума пăрахтарас умĕн концентратсем пани усăллă пулмарĕ. Вăл мăнтăрланса кайрĕ, пăрушне лайăх пăруларĕ, анчах сĕт тухăçлăхне, уйăхсенчи сума тапла-шарсан, палăрмаллах чакарчĕ.

Кăçал эпĕ «Нитка» ĕнене урăхларах пăхатăп. Рационĕ улăштарнипе вăл сĕт тухăçлăхне ÿстерчĕ. Ăна ноябрь уйăхĕнче сума пăрахмалла пулать. Тапратнă вăхăтра ăна концентратсем сахалрах, ытти апатсене ытларах памалла пулать. Апатă ÿте ăнан ĕнесене концентратсем парассинчен тытăнса тăма кирлĕ мар.

Уйрăмах çамрăк ĕнесен апата ÿте е сĕте яшне хытă асăрхамалла. Çавăн пек асăрхаnипе эпĕ «Диана» ятлă ĕнен сĕт тухăçлăхне вăл иирвайхи пăру амăшĕ пулнă çултах 3 пин килограма çитертĕм. Кăçал вăл иккĕмĕш хут пăруланă, сĕт тата ытларах парать.

Кирек хăш выльăх пекех, ĕне те хăйне ачашланине юратать, хăйне нумай вăхăт хушши пăхакан дояркăна хăнăхать. Хăшпĕр ĕнесем, хăйсене ачашлаган дояркăран урăх çын аллине куçсан, сĕте сасартăках чакараççĕ. Сăмахран, отпуска каяс умĕн пĕр кун малтан «Дочурка» ятлă ĕнерен талăкра 25 килограмм сĕт суса илеттĕм. Отпускран таврăнсан ĕнесем патне кайрăм та, «Дочурка», мана курсан, выртнă çĕртен тăчĕ те ĕнĕрлесе ман умма пычĕ. Тĕрĕслерĕм те, унăн сиплли хытсах кайнă мĕн. «Темĕн тусан та сутармасть, сусан та сĕтне антармасть», терĕç ун çинчен. Чăн та, малтан вăл пурĕ те 3 килограмм çеç пачĕ. Эпĕ пăхма тытăнсан нумай та вăхăт иртмерĕ, «Дочурка» каллех лайăх ĕне пулса тăчĕ. Кăçал çичĕ уйăх хушшинче унран 4 пин килограмм сĕт суса илтĕм.

Хăшпĕр дояркăсем, ĕне сиплине массаж тăвассине кирлĕ мар ĕç вырăнне хурса, нумай сĕт çухатаççĕ. Массаж туни сĕт тухăçлăхне ÿстерет. Сăвас умĕн эпĕ ĕнен сиплине ăшă шывпа çăватăп, сăвиччен тата сунă хыççăн массаж тăватăп. Кирек мĕнле вăхăт килсен те эпĕ çак правилăна пăсни пулман, пулас та çук.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ СССР Верховнăй Совечĕн 5-мĕш сессийĕнче тухса каланă сăмахра пире, ялхуçалăх работникĕсене, совет халăхĕ валли выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем нумайрах хатĕрлесе пама чĕнчĕ. Ялхуçалăхне малалла вăйлăн аталантарас тĕлĕшпе Партии Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ палăртнă пысăк программăна эпир чун-чĕререн ырласа йышăнтăмăр. Эпĕ хам пăхакан кашни ĕнерен çичĕ уйăх хушшинче 3-шер пин килограма яхăн сĕт суса илтĕм, станцири дояркăсем хушшинчи социализмла ăмăртура пĕрремĕш вырăн йышăнтăм.

Манăн обязательство—кашни ĕнерен 5 пин килограмран кая мар сĕт суса илесси. Ăна пурнăçлани—пирĕн çĕршывра выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем çителĕклĕ тăвас ĕçе вăй хуни пулĕ.

**О. МИТРОФАНОВА,**
Сĕрпÿри селекци станцинчи доярка.

## Манăçа юлнă договорсемпе решенисем

ЕЛЧĔК. Район центрĕнчи ача яслин суртне нумай çул хушши юсаман. 1951 çулта государство çак сурта юсама 25 пин тенкĕ укçа уйăрса панă пулнă. Ясли заведующийĕ Юнусова юлташ сурта юсама Молотов ячĕпе тăракан колхоз правленийĕпе договор тунă. Сийĕнчех колхоза укçа куçарса панă. Договор тăрăх колхоз нимĕн те туман тесе калама çук. Ячĕйĕн платникĕсем 4—5 кун ырса ĕçленĕ, юсав ĕçĕсене 25 пин тенкĕлĕх тумалла пулсан, 6 пин тенкĕлĕх ĕç тунă. Кун хыççăн ĕç чарăнса ларнă.

Вăхăт иртнĕ... 1953 çул çитнĕ. Анчах ясли суртне малалла тек юсаман. Çак вăхăт хушшинче суртри икĕ пÿлĕмрен пĕр пÿлĕмĕ пурăнма юрăхсăра тухнă. Унта вара склад тунă. Халĕ ача ясли пĕр пÿлĕмре вырнаçнă. Суртăн стенисем çĕрнĕ, çумăр çунă чухне пÿлĕме шыв каять. Хĕллехи вăхăтра кунта 8—9 градусран ытла ăшă пулмасть. Çавăнпа та яслире йĕркеллĕ ĕçлеме условисем çук.

— Ясли суртне юсас ыйтупа колхоз правленийĕнче те, райсовет исполкомĕнче те темиçе хутчен пулнă,—тет Юнусова юлташ,—анчах пĕри те, сăмах панисĕр пуçне, нимĕнпе те пулăшмаççĕ. Колхоз договора пурнăçламасть.

Кун пек тĕслĕхсем Елчĕкре татах та пур. Кăçал район центрĕнчи тата Шăмалăк участокĕнчи больницăсене юсама тата çĕнĕ сурт лартма 50 пин тенкĕ укçа уйăрса панă. Çакăн историйĕ те ясли сурчĕн историйĕ пекех. Вĕсене юсама материалсем хатĕрлес шутпа Шăмăршă вăрманпромхозĕнчен йывăç турттарма колхозсемпе договор тунă. Çак ĕçе пурнăçласси çинчен нумай калаçнă, анчах 110 фестметр йывăç турттарса килмелле пулсан, 30 фестметр кăна турттарса хунă. Юсав ĕçĕсене халĕ те пуçăнман.

Район центрĕнчи больницăн инфекциллĕ чирсенчен сыватакан уйрăмĕн сурчĕ питĕ кивелнĕ.

— Ача ясли тата больницăсен çурчĕсене юсасси çинчен нумай калаçнă,—тет райплан председателĕ Анисимов юлташ.—Исполком ларăвĕнче те, канашлусенче те сÿтсе явнă, решенисем йышăннă.

Чăн та, çак ыйтупа нумай калаçнă, лайăх решенисем йышăннă. Анчах çав решенисене мĕнле пурнăçланине никам та тĕрĕслемен. Акă, сентябрĕн 2-мĕшĕнче райсовет исполкомĕн ларăвĕнче çапла йышăннă: «Больница суртне октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне юсаса çитермелле». Çак решени хут çинчех юлнă. Октябрь çитрĕ, çаплах больница суртне юсама тытăнман-ха.

Калас пулать, Елчĕкре хĕле хатĕрленес ĕç сÿрĕккĕн пулса пырать. Çу иртрĕ, кĕр çитрĕ. Часах хĕл çитет. Ача яслипе больница çурчĕсене юсама вăхăт ĕнтĕ.

**А. МИХАЙЛОВ.**
(Хамăр корр.).

## Садри ĕçсем

КУВАКИНО. Киров ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн членĕсем сад ĕрчетес тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлеççĕ. Колхозăн обществăлла сачĕ Сăр шывĕ хĕрринче. Вăл пурĕ 46,5 гектар йышăнать. 4 гектар çинче сырла йывăççисем çитĕнеççĕ. 12 гектар çинчи улмуççисем симĕç пача пуçланă ĕнтĕ, кăçал панулми сутса 40 пин тенкĕ ытла тупăш илнĕ.

Сад ĕрчетес ĕçе колхозра Иван Дмитриевич Замахов юлташ ертсе пырать. Вăл çак ĕçе 10 çула яхăн пĕр улшăнмасăр туса тăрать. Çак кунсенче колхозниксем симĕç йывăççисене хĕл каçарма хатĕрлеççĕ. Йывăç айĕсене кăпкалатаççĕ, хăрнă туратсене касаççĕ т. ыт. те.

**Р. АВАНСКИЙ.**

# Демократиллĕ Германи Республики тăвата çул тултарчĕ

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ августăн 22-мĕшĕнче каланă сăмахра палăртнă тăрăх, Германи халăхĕ вăхăтра хăйĕн историйĕн чи ответлă тапхăрне пурăнса иртерет. Германи халăхĕ умĕнче историлле задача—агрессилле вăйсен планне аркатса тăкас, хăйĕн нациллĕ пĕрлĕхне тата Германие мире юратакан государство туса хурас задача тăрать.

Германи Европăра мирпе хăрушсăрлăха тĕреклетме пулăшакан çĕршывсенчен пĕри е çĕнĕ агрессин Европăри тĕп вучахĕ пулса тăма пултарать.

Мирпе демократи вăйĕсем, вăл шутрах Демократиллĕ Германи Республики те, мире юратакан пĕрлĕхлĕ Германи туса хурассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешеççĕ пулсан, Вонри влаçсем тата вĕсен океан леш енчи хуçисем вара Германи пайланса тăнине ĕмĕрлĕхех хăварасшăн, унăн хĕвеланăç пайне Европăри çĕнĕ вăрçă плацдармĕ туса хурасшăн тăрăшаççĕ.

Аденауэр шайкки—Хĕвеланăç Германири тата Америкăри монополистсемпе империалистсен агентури—сентябрĕн 6-мĕшĕнче пулса иртнĕ суйлавра халăха пусмăрласа тата улталаса Бонн бундестагĕнче ытларах вырăн йышăнчĕ, çакă Германи халăхĕ умне пысăк хăрушлăх кăларса тăратрĕ. Мирпе демократин чи хаяр тăшманĕсем—капиталистсемпе фашистла-реваншистла элементсем—Хĕвеланăç Германи экономикинче кăна мар, çав вăхăтрах унăн политикăлла пурнăçĕнче те пуç пулса тăма пуçларĕç. Ку вăл пĕрлĕхлĕ, мире юратакан Германишĕн кĕрешекен таса чĕреллĕ нимĕçсем умне нумай йывăрлăхсем кăларса тăратрĕ, Германи агрессийĕ çĕнĕрен вăйланас хăрушлăха сывхартрĕ.

Çавăнпа та Германи кун-çулĕпе пĕтĕм тĕнчери халăх интересленет. Вăл тĕнчери хăрушсăрлăхăн чи кирлĕ ыйтăвне мĕнле татса парасси нимĕç халăхĕ мĕнле çул çине тăнинчен килнине аван пĕлсе тăрать.

«Мире юратакан Совет Союзĕпе пĕр вăхăтрах мире юратакан демократиллĕ Германи пурри,—тесе çырнă И. В. Сталин,—Европăра çĕнĕ вăрçăсем пуласси́не, юн юхтарассине тата Европăри çĕршывсене тĕнчери империалистсем пăхăнтарса тăрассине чарса лартать,—çакăншăн нимĕн иккĕленмелли те çук».

Германи халăхĕ хăйĕн нумай ĕмĕрлĕ истори тăршшĕнче яланах Тăван çĕршыв ирĕклĕ, демократиллĕ тата мире юратакан государство пулса тăрасса ĕмĕтленнĕ.

Совет Çарĕ гитлерла Германие çапса аркатни тата 1949 çулхи октябрĕн 7-мĕшĕнче Демократиллĕ Германи Республикине туса хуни çав çутă ĕмĕтсене пурнăçа кĕртме лайăх майсем туса пачĕç.

Тăвата çул хушшинче Демократиллĕ Германи Республики демократипе миршĕн пыракан кĕрешÿре хăй çирĕп тĕревне шанчăк пулса тăнине пĕтĕм Германи халăхне кăтартса пачĕ.

Демократиллĕ Германи Республики çĕршыва мирпе демократи никĕсĕ çинче пĕрлештерессине хăйĕн тĕп задачисенчен пĕри тесе йышăнчĕ. Çак задачăна пурнăçлассишĕн Демократиллĕ Германи Республикин правительствипе Халăх палати, Германири социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕ, республикăри ытти мĕнпур демократилле партисемпе организацисем пĕтĕм вăя хурса тăрăшаççĕ.

Демократиллĕ Германи Республики Германин шалти суту-илĕвне çĕнĕрен вăйлатассишĕн, пĕтĕм нимĕçсем хушшинчи, Германин икĕ пайĕ хушшинчи хуçалăх çыхăнăвĕсене, политикăлла, культурăлла çыхăнусене çирĕплетессишĕн тăрăшнă, тăрăшать те.

Пĕтĕм Германи халăхĕн анлă сийĕсем Демократиллĕ Германи Республикин çĕнĕ вĕсемпе ĕçĕсене тĕрĕс тесе йышăнчĕç пулин те, Бонн правительстви вĕсене пĕрмай сирсе пычĕ.

Пĕрлĕхлĕ тата мире юратакан Германи туса хурассишĕн тăрăшса, Демократиллĕ Германи Республики çĕршыва демократизацилессишĕн, Хĕвеланăç Германие çĕнĕрен хĕçпăшаллантарнине хирĕç пĕр чарăнмасăр кĕрешет.

Демократиллĕ Германи Республики хăйĕн территорийĕ çинче мĕнпур монополисемпе концернсене, çĕре помещиксем тытса тăрассине, мĕнпур милитаристла тата фашистла партисемпе организацисене пĕтерсе хучĕ, мирлĕ тата демократиллĕ аталану çулĕ çине çирĕппĕн тăчĕ. Çакăнпа пĕрлех Демократиллĕ Германи Республики Хĕвеланăç Германири тата океан леш енчи империалистсен Хĕвеланăç Германи территорийĕнче милитаризма çĕнĕрен вăйлатас политикине, ют çĕршыв империалисчĕсемпе Бонри реваншистсен Демократиллĕ Германи Республикипе кÿршĕри çĕршывсене хирĕçле тискер ĕçĕсене яланах тăрă шыв çине кăларса пырать. Июнĕн 17-мĕшĕнче Берлинра пулса иртнĕ фашистла провокаци пурте аставаççĕ, ăна мирпе демократи лагерĕнчи тата Германи халăхĕпе ытти çĕршывсен мирпе хăрушсăрлăхне пăсас тĕллевпе США-ри тата Хĕвеланăç Германири вăрçă чĕртекенсем организациленĕ.

Çав провокаци путланса ларни Демократиллĕ Германи Республикин хăвачĕ ÿсе пынине тата нимĕç халăхĕн çĕнĕ Германишĕн пыракан кĕрешÿри пĕрлĕхĕ çирĕпленсе пынине кăтартса парать.

Демократиллĕ Германи Республики мирлĕ экономикăна пур майсемпе те аталантарассишĕн тăрăшни пĕтĕм Германири мире юратакан вăйсене çирĕплетсе пырать. Çапла майпа вăл пĕтĕм Германи халăхĕн интересĕсемшĕн, унăн малашнехи никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешет. Ку тĕлĕшпе Демократиллĕ Германи Республики тăвата çул хушшинче пысăк çитĕнÿсем турĕ. Сăмахран, Демократиллĕ Германи Республикин промышленность производстви 1952 çулта вăрçăччени шайран 1,5 хут ытла ÿсрĕ.

Çĕнĕ Германи строительствинче Германири социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Демократиллĕ Германи Республикин правительстви виçĕ уйăх каялла çĕнĕ çул çине тăни пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çак çĕнĕ çулпа пынин тĕп задачи—халăхăн пурнăç шайне ÿстересси тата пĕтĕм обществăлла пурнăçа малалла демократизацилесе пырасси. СЕПГ Центральнăй Комитечĕн XV-мĕш пленумĕнче йышăннă резолюцире каланă тăрăх, çĕнĕ çулпа пыни мир вăйĕсене çирĕплетме тата Германие пĕрлештерес ĕçе малалла яма пулăшать.

Çак кĕске тапхăр хушшинче тунă ĕçсене пĕтĕçтерсе, СЕПГ Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ Вальтер Ульбрихт хăйĕн «Çĕнĕ çулпа пыни мĕн пачĕ» ятлă статьинче çапла палăртать: рабочисемпе хресченсен çитĕнĕвĕсене пула, чи малтанах, Совет Союзĕ пулăшса тăнине пула, Демократиллĕ Германи Республикинче пурăнакан халăхăн пурнăçне лайăхлатма май килчĕ. Çав вăхăт хушшинче Демократиллĕ Германи Республикине ют çĕршывсенчен аш-какай илсе килесси виçĕ хут, çу илсе килесси виçĕ хут ытларах, çĕр мамăкĕнчен тĕртнĕ пир-авăр илсе килесси пĕрре те çурă хут ытларах ÿсрĕ тата ытти те. 1953 çулăн иккĕмĕш çур çулĕнче Демократиллĕ Германи Республикин тавар çаврăнăшĕ, пĕррене çурçулхипе танлаштарсан, 30 процент ÿсет. Республикăри рабочисен ĕç укçине нумай категори тăрăх ÿстернĕ, тавар хакĕсене чакарнă. Государствăран хресченсем, ремесленниксем тата вак предпринимательсем пысăк пулăшу илчĕç. Сурт-йĕр строительстви валли çĕнĕрен 600 миллион марка уйăрса хунă тата ытти те.

Демократиллĕ Германи Республики, демократиллĕ лагерьти пур çĕршывсемпе те тăванла çыхăнусене тата пĕр-пĕрне пулăшса ĕçлессине вăйлатса пырса, пĕтĕм Германири мире юратакан вăйсен тĕрекĕ пулса тăнине çирĕппĕн кăтартса парать. Хĕвеланăç Германи, Аденауэр шайккин агрессилле политикине пула, Хĕвеltухăçĕнче тата Хĕвеланăçĕнчи хăйĕн кÿршисемпе çыхăну тытассине пăсса пырать пулсан, Демократиллĕ Германи Республики мире юратакан пур çĕршывсемпе те тăванла çыхăнусене çирĕплетсе пырать. 1953 çулта Демократиллĕ Германи Республикин тулашри суту-илĕвне, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 33 процент ÿстерме палăртнă. Чăннипе илсен, тулашри суту-илÿ аталанăвĕ,—Демократиллĕ Германи Республикинчи хаçатсем çырса пĕлтернĕ тăрăх,—Совет Союзĕпе суту-илÿ тунине пула, палăртса хуниннчен нумай ÿсет. Демократиллĕ Германи Республики, Совет Союзĕпе суту-илÿ тунисĕр пуçне, Китай Халăх Республикипе, Польша, Чехословаки республикисемпе, Венгрипе, Болгарипе, Румынипе, Албанипе, Демократиллĕ Корей Халăх Республикипе суту-илÿ тăвать. Çак çĕршывсем хушшинчи суту-илÿ çыхăнăвĕсем пĕр-пĕрине туслă пурнăçа пулăшу парса пынипе пулса пыраççĕ.

Демократиллĕ Германи Республики пĕрлĕхлĕ, никама пăхăнман, демократиллĕ тата мире юратакан Германи туса хурас ĕçре Совет Союзĕнчен, совет халăхĕнчен питĕ пысăк пулăшу илсе тăрать. Совет Союзĕ Демократиллĕ Германи Республикине экономикăлла пулăшу кăна парса тăмасть. Вăл Германи халăхĕн интересĕсемшĕн пĕтĕм тĕнчере кĕрешет, ăна хĕвеланăçĕнчи империалистла державăсен тискер ĕçĕсенчен çирĕппĕн сыхлать. Çакна Мускавра августăн 20—22-мĕшĕсенче Совет Союзĕпе Германи хушшинче пулса иртнĕ калаçусенче йышăннă килĕшÿсем те лайăх кăтартса параççĕ. Çак историлле документсене пĕтĕм Германи халăхĕ, пĕтĕм мирпе демократи лагерĕ хĕрÿллĕн ырларĕç. Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ О. Гротеволь Берлинри митингра палăртнă тăрăх. Совет правительствипе Демократиллĕ Германи Республики вăсçăпа çыхăнса финанспа экономика обязательствисем пирки калаçса татăлнине пула, Демократиллĕ Германи Республики 13 миллиард марка ытла перекетлеме пултарать.

Германи халăхĕ çакна аван пĕлсе тăрать: Демократиллĕ Германи Республики пĕрлĕхлĕ, мире юратакан Германи туса хурассишĕн мĕнпур вăя хурса кĕрешнине Совет Союзĕ яланах ырлать. Демократиллĕ Германи Республики пĕтĕм Германири мире юратакан вăйсен тĕрекĕ пулса тăрать. Çавăнпа та Совет Союзĕ ăна пулăшу парса тăрассине хăйĕн тивĕçĕ тесе шутлать.

Нимĕç патриочĕсем пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ Германи туса хурассишĕн кĕрешнин çĕнтерÿ патне илсе çитермелле, мĕншĕн тесен пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ Германишĕн нимĕç халăхĕпе пĕрле Европăри мире юратакан мĕнпур халăх кĕрешет.

**А. ШАТИЛОВ.**

## Çапнă вăхăтра тырă тасатакан веялка

ЙЕНРЕÇ. Сталин ячĕпе тăракан колхоз механикĕ Г. Яковлев авăн çапмалли ПР-23 молотилкă çумне тырра сăвăрса тасатмалли машина туса лартнă. Ку таранччен çапнă тырра тăвата çын уйрăм веялкăпа тасатнă. Яковлев механик лартнă веялкăна ĕçлеттерме уйрăм çын кирлĕ мар.

Кун пек веялка икĕ молотилка çумне вырнаçтарса лартнă.

**И. ТИХОНОВ.**

---

тăрăх комисси председателĕ Дембицкий юлташ содоклад туса панă. Комисси сĕнĕвĕсене сесси йышăннă решение кĕртнĕ.

Çак комисси тата суйлавçăсем хулари мастерскойсен ĕçне лайăхлатас тата вĕсен шутне нумайлатас пирки панă наказсене мĕнле пурнăçланса пынине тĕрĕсленĕ. Ку ĕçре пысăк çитменлĕхсем пурри палăрнă: суйлавçăсен наказĕсене шута илсе, хула Совечĕн исполкомĕ мастерскойсем валли ĕç графикĕ тунă. Çак графикпа пурнăçланса пыман. Ĕçсыннисен йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе ĕçлекен мастерскойсем хулара сахал, хула хĕрринчи вырăнсенче пурăнакансен атă-пушмак е ытти япаласем юсаттарма инçете çÿреме тивет. «Красная звезда» артель правленийĕ тимĕр-тăмăртан япаласем тăвакан мастерской виçĕмле сăлтавсăрах хупнă. Чылай мастерскойсенче япаласене начар юсаççĕ, ĕçпе пыракансене йĕркеллĕ йышăнмаççĕ. Ку ыйтупа комисси хăйĕн сĕнĕвĕсене хатĕрленĕ, вĕсене хула Совечĕн исполкомĕнче пăхса тухма тăратнă. Çак ыйтăва исполком яланхи комиссипе пĕрле пăхса тухнă. Ăна сÿтсе явнă чухне сакăр çын тухса каланă. Исполком решенийĕ комисси сĕнĕвĕсене кĕртнĕ. Исполком решенийĕнче палăртнă чылай ĕçсене пурнăçланă ĕнтĕ: юпа уйăхĕнче халăхăн йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес енĕпе ĕçлекен комбинат ĕçлеме тытăннă; пасар патĕнче тата çĕнĕ строительство çывăхĕнче атă-пушмак юсакан икĕ мастерской уçнă; «Красная звезда» артелĕн правленийĕ тимĕр-тăмăртан япаласем тăвакан мастерской çĕнĕрен уçнă. Мастерскойсенче атă-пушмака тата ытти япаласене лайăхрах юсама пуçланă, ĕçпе пыракан çынсене вапавет малаççĕ.

Улатăр райсовечĕн яланхи комиссийĕсен ĕçĕнче те лайăх результатсем пур. Район Совечĕн исполкомĕ яланхи комиссисене хăйсен ĕçне организацилеме, вĕсен паха пуçарăвĕсене сарма тата ĕçе кĕртме пулăшать, комиссисене хуçалăхпа культура строительствинчи задачăсене пурнăçланă çĕрте активлă ĕçлеме хутшăнтарать. Комиссисен председателĕсемпе членĕсен канашлăвне ирттерсе, унта вĕсене ĕç меслечĕсемпе тата исполкомăн ĕç планĕсемпе паллаштарнă. Район Совечĕ çумĕнче çичĕ яланхи комисси ĕçлет. Вĕсен пурин те ĕç планĕсем пур. Плансенче палăртнă ыйтусене комиссисен ларăвĕсенче сÿтсе яваççĕ. Район Советĕнче мĕнле ыйтусене пăхса тухма палăртни çинчен исполком яланхи комиссисене вăхăтра пĕлтерет, çапла вара вĕсене кун йĕркинчи ыйтусене сÿтсе явма хатĕрленме май парать.

Район Совечĕн ялхуçалăх енĕпе ĕçлекен комиссийĕ «Красный луч» тата «Свободный труд» колхозсенче обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли план мĕнле пурнăçланса пынине тĕрĕсленĕ. Комисси «Свободный труд» колхозра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç япăх тăнине палăртнă. Унта выльăх апачĕсене виçсе паман, тирпейлĕ расходламан, выльăхсем вилни те пулнă. Выльăх вилсен, вилнин сăлтавĕсем çинчен колхоз правленийĕнче сÿтсе яман, выльăхсем вилессине чарас тĕлĕшпе нимĕн те туман. Ку ĕçри çитменлĕхсене мĕнле майпа пĕтермеллине палăртса, комисси хăйĕн сĕнĕвĕсене хатĕрленĕ, вĕсене район Советĕнче пăхса тухма тăратнă. Район Совечĕн сессийĕнче комисси çак ыйтупа содоклад туса панă. Унта комиссин паха тата конкретлă сĕнĕвĕсене йышăннă. «Свободный труд» колхозăн правленийĕ район Совечĕн решенийĕсене пурнăçлама тытăннă. Выльăх вити туса строительство материалĕсем хатĕрлесе, вĕсене колхоза турттарса пынă, силос пĕлтĕрхиччен нумайрах тунă. Халĕ унта выльăхсем вилмеççĕ.

Çак комисси тĕрĕсленĕ хыççăн тата вăл сĕннипе район Совечĕн исполкомĕ 1953 çулхи çуравинче ыйтнă вăрлăх хатĕрлесси çинчен тата районти колхозсенче ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсма чарасси çинчен решенисем йышăннă. Çапла туни колхозсенчи вăрлăх хатĕрлес ĕçри тата ялхуçалăх артелĕн Уставне пурнăçласа пырас ĕçри чылай çитменлĕхсене пĕтерме май панă.

Улатăр районĕнчи Иваньково Удельнăй ял Совечĕн культурăпа çутĕç комиссийĕ лайăх ĕçлет. Суйлавçăсен наказĕсене пурнăçласа, комисси клуб ĕçне тĕрĕсленĕ. Унта кино кăтартнă чухне çитменлĕхсем пулнă, кинори сасă начар илтĕннĕ, клубри кружоксем япăх ĕçленĕ. Комисси клуб ĕçĕ çинчен ял Совечĕн исполкомĕнче сÿтсе явма сĕннĕ. Исполком тăрăшнипе кино аппаратне улăштарнă, кинори сасă лайăхрах илтĕнме пуçланă, драма, хор, шахматпа шашкă, ташă кружокĕсем хăйсен ĕçĕсене лайăхлатнă.

Кувакино район Совечĕн ялхуçалăх комиссийĕ пĕтĕм ĕçе план тăрăх туса пырать. Комисси Киров ячĕпе тăракан колхозра выльăх-чĕрлĕхе мĕнле пăхса усранине тĕплĕн тĕрĕсленĕ, колхозра çамрăк выльăхсем чылай вилнине палăртнă. Çамрăк выльăхсем çак сăлтава пула вилнĕ: пăруланă чухне путексемпе пăрусене кĕтсе илес тата вĕсене пăхса ÿстерес ĕçе япăх йĕркеленĕ, пăрулама вăхăт çитнĕ выльăха усрама витере уйрăм пÿлĕмсем туман, кашни выльăха уйрăммăн шăвармалли савăтсем пулман, витесенче тăвăр пулнă. Çак çитменлĕхсене пĕтересси çинчен комисси сĕннипе райсовет исполкомĕнче сÿтсе явнă, колхоз правленине комисси палăртса панă ĕçсене пурнăçлама хушнă. Исполком решенийĕнче мĕн каланине колхоз правленийĕ пĕтĕмпех пурнăçланă, кун хыççăн çамрăк выльăхсем вилмен. Комисси ĕçне колхоз производствинче малта пыракансем, учительсем, клуб заведующийĕсем активлă хутшăнаççĕ.

Республикăри нумай район, хула, поселок, ял Совечĕсен яланхи комиссийĕсем активлă тата анлă ĕçлеççĕ. Советсем ĕçĕн çак участокĕ çине тимлĕ пăхнă, конкретлă пулăшнă тата ертсе пынă çĕрте комиссисем лайăхрах ĕçлени палăрать. Кувакино, Сăмăрле тата ытти хăшпĕр район Совечĕсен исполкомĕсем яланхи комиссисен членĕсене ĕçлеме вĕрентме тата ĕçри опытпа пĕр-пĕрне паллаштарма час-часах вĕсен канашлăвĕсене ирттерсе тĕрĕс тăваççĕ. Исполкомсем яланхи комиссисене интереслентерекен ыйтусене сÿтсе явнă чухне вĕсен руководителĕсемпе членĕсене ларăва чĕнни усăллă, çакăн пек практикăна ырлама тивĕçлĕ.

Республикăри район, хула, поселок, ял Совечĕсен яланхи комиссийĕсем чылайăшĕ лайăх ĕçленĕ вăхăтрах, хăшпĕр Советсен яланхи комиссийĕсем çителĕклĕ ĕçлемеççĕ-ха. Нумай комиссисем хăйсен практикăлла ĕçне актива хутшăнтарман, Советсемпе вĕсен исполкомĕсен решенийĕсем мĕнле пурнăçланнине тĕрĕслес ĕçе начар туса пыраççĕ. Сăмахран, Вăрмар район Совечĕн ялхуçалăхĕ енĕпе, вырăнти промышленность енĕпе, сывлăха сыхлас ĕç енĕпе ĕçлекен яланхи комиссийĕсем питех те çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Комиссисен членĕсене—депутатсене чылайăшне ĕçе явăçтармаççĕ, çавăн пирки вĕсем ĕçлемеççĕ.

Вăрмар районĕнчи Кĕтеснер ял Советĕнче тăвата яланхи комисси тунă. Вĕсем нăçал пачах ĕçлемен. Ял Совечĕн исполкомĕ комиссисене практикăлла ĕçе хутшăнтарма тăрăшмасть, вĕсене хăйсен ĕçне йĕркелеме пулăшмасть.

Яланхи комиссисем япăх ĕçлени хăшпĕр район, хула тата ял Совечĕсен исполкомĕсем тĕрĕс мар майсемпе ĕçленинчен килет.

Вырăнти Советсен нăçалхи февраль уйăхĕнче пулнă суйлавĕсенче государство управленийĕн ĕçне республикăри халăхăн тĕрлĕ сийĕсен чи лайăх представителĕсем темиçе пин çын хутшăнчĕç. Вĕсенчен нумайăшĕ Советсем умĕнче тăракан задачăсене пурнăçлас тĕлĕшпе активлă ĕçлессшĕн, хăйсен Советне ĕçре пулăшса пырасшăн. Депутатсене яланхи комиссисенче пултаруллăн ĕçлеме кирлĕ пур условисене туса парасси—вырăнти Советсен исполкомĕсен тивĕçĕ. Çапла тăвас пулать: яланхи кашни комиссин тĕплĕн шухăшласа тунă ĕç планĕ пултăр, плана пурнăçри чи пысăк та сивĕч ыйтусене кĕртмелле. Яланхи комиссисем çав ыйтусене татса парас енĕпе ĕçлени Советсене хуçалăхпа культура строительствинчи плансене пурнăçлама, укçа-тенкĕпе материалсене перекетлĕн расходлассишĕн, совет суту-илĕвне лайăхлатассишĕн, ĕçсыннисен пурнăçпа культура тĕлĕшĕнчи пĕрмаях ÿсе пыракан ыйтăвĕсене пĕтĕмпех тивĕçтерессишĕн кĕрешес ĕçе вăйлатма пулăштăр. Комиссисен Советсене суйлавçăсем панă наказсем мĕнле пурнăçланса пынине тĕрĕслеме, халăх ыйтăвĕсене пĕлсе çитме, çав ыйтусене тивĕçтерме мĕнле ĕçсем тумаллине палăртма пулăшас пулать. Ку ыйтусемсĕр пуçне, планра Советсен исполкомĕсенче, вĕсен пайĕсенче, организацисенче, предприятисенче, учреждениисенче ĕçсыннисен жалобисемпе заявленийĕсене пăхса тухас ĕçе лайăхлатма пулăшас енĕпе мĕн тумаллине те палăртмалла. Комиссин кашни членне пĕр-пĕр ĕç тума хушмалла. Хушнă ĕçе мĕнле пурнăçлани çинчен комисси ларăвĕнче сÿтсе явмалла. Комиссин тĕрĕслев итогĕсене коллективлăн сÿтсе явмалла, çакă вара тĕрĕс выводсем тума, çитменлĕхсене пĕтермешкĕн конкретлă сĕнÿсем хатĕрлеме май парать. Комиссисем хăйсен ĕçĕнче пуçаруллă пулмалла, хăйсем сĕннĕ тăрăх йышăннă решенисене пурнăçа кĕртттерме хытă тăрăшмалла. Çапла ĕçленипе вĕсем хăйсем умĕнче тăракан задачăсене анлăн татса пама пултарĕç.

Комиссисем анлă ĕçлесси вĕсен ĕçне актива ытларах хутшăнтарнинчен килет. Актива йышлăн ĕçе явăçтарни уйрăм предприятисен, учрежденисен, колхозсен ĕçĕсене тĕплĕн тĕрĕслеме май парать. Советсен исполкомĕсем комиссисене хăйсен ĕçне йĕркелеме ытларах пулăшсан, вĕсем лайăхрах ĕçлеççĕ. Исполкомпа яланхи комиссисем пĕр-пĕрин тачăн çыхăнса ĕçлени пĕлтерĕшлĕ пысăк, ун чухне исполком ĕçĕ те, комиссисен ĕçĕсем те анлăн пулса пыраççĕ. Исполком Совет депутачĕсемпе, яланхи комиссисемпе тачă çыхăнса ĕçлеме тивĕçлĕ. Комиссисем исполкомпа тачă çыхăнса ĕçлемесен, вĕсене исполком пулăшса пымасан, хăйсен ĕçне тĕрĕс туса пырайманççĕ. Комиссисемпе исполком пĕр-пĕрне çыхăнса ĕçленипе, пĕр-пĕрне пулăшса пынипе умри задачăсене анлăн пурнăçлама пултараççĕ.

Исполкомăн комиссисене распоряженисем тата заданисем пама, вĕсен ĕçĕсем çинчен отчетсем ыйтма, вĕсен ĕç планĕсене çирĕплетме е улăштарма право çук. Анчах çакă вăл исполком яланхи комиссин ĕçĕсенчен пăрăнмаллине пĕлтермест. Исполком вĕсен паха пуçарăвĕсене пурнăçлама-пулăшмалла, вĕсене хуçалăхпа культура строительствинчи задачăсене пурнăçланă çĕрте активлă ĕçлеме хутшăнтармалла. Яланхи комиссисен членĕсене ĕçлеме вĕрентме, ĕçри опытпа пĕр-пĕрне паллаштарма, исполкомпа комиссисен ĕç планĕсене пĕр-пĕрине килĕшÿллĕ тума канашлусемпе семинарсем ирттермелле. Комиссисен ларăвĕсенче исполком членĕсемпе унăн пайĕсен заведующийĕсем пулмалла, вĕсем исполкомăн тата аслă органсен чи кирлĕ те пысăк пĕлтерĕшлĕ решенийĕсем çинчен комисси членĕсене каласа пани усăллă. Совет исполкомĕсем, чи малтан вĕсен председателĕсемпе секретарĕсем, яланхи комиссисен тата депутатсен кашни сĕнĕвне тĕплĕн пăхса тухма тивĕçлĕ. Уйрăм комиссисен отчечĕсене Советсен сессийĕсенче итлесе сÿтсе явас пулать.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессийĕ Советсен яланхи комиссийĕсен ĕçне лайăхлатма, вĕсен паха пуçарăвĕсене пурнăçлама тата анлă сарма пур енĕпе те пулăшса пыма хушса хăварчĕ.

Чăваш республикинчи район, хула, ял тата поселок Совечĕсен яланхи комиссисен ĕçне тĕрĕс организацилес пулать. Совет активĕн çак пысăк çарĕ ĕçсыннин депутачĕсен вырăнти Советсем умĕнче тăракан тĕп задачăсене пурнăçлас тĕлĕшпе творчествăлла пуçаруллăн тата пĕтĕм вăя хурса ĕçлетĕр. Яланхи комиссисен Советсене Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсенчен, партин Центральнăй Комитечĕн нăçалхи сентябрь уйăхĕнчи Пленумĕн тата СССР Верховнăй Совечĕн иккĕмĕш сессийĕн решенийĕсенчен тухса тăракан задачăсене пурнăçлас ĕçре яланах активлăн пулăшса пырас пулать.

# Демократиллĕ Германи Республикине туса хунăранпа тăватă çул тултарнă май Берлинра пулса иртнĕ савăнăçлă лару

БЕРЛИН, октябрĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Германи Республикине туса хунăранпа тăватă çул тултарнă ятпа октябрĕн 6-мĕшĕнче Берлинра савăнăçлă лару пулса иртнĕ.

Ларура Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ Вильгельм Пик, премьер-министр Отто Гротевольпе пĕрле правительство членĕсем, Халăх палатин председателĕ И. Дикман, демократиллĕ партисемпе массăллă организацисен представителĕсем, наукăпа искусствăн тата литературăн паллă деятелĕсем, производствăра малта пыракансем пулнă.

Савăнăçлă ларура çавăн пекех Совет Союзĕн Демократиллĕ Германи Республикинчи чрезвычайнăй тата полномочнăй посолĕ В. С. Семенов, Китай Халăх Республикин чрезвычайнăй тата полномочнăй посолĕ Цзи Пын-фэй, халăх демократи çĕршывĕсен дипломатиллĕ миссийĕсен пуçлăхĕсем пулнă.

Демократиллĕ Германи Республикине туса хунăранпа тăватă çул тултарни çинчен Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ Отто Гротеволь доклад тунă.

## Берлинра совет воинĕсен памятникĕ умне чечек кăшăлĕсем хунă

БЕРЛИН, октябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Германи Республикине туса хунăранпа тăватă çул тултарнă ятпа паян Берлинра Трептов паркĕнче совет воинĕсен ячĕпе лартнă памятник умне чечек кăшăлĕсем хунă.

Демократиллĕ Германи Республикин Президенчĕ, Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палатипе Çĕрсен палати, Демократиллĕ Германи Республикин Наци фрончĕн Наци совечĕ, Демократиллĕ Германи Республикин правительстви, Германири социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕ тата Германири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Правленийĕ ячĕпе чечек кăшăлĕсем хунă.

Чечек кăшăлĕсем çавăн пекех ССР Союзĕн Демократиллĕ Германи Республикинчи посольствинчен, Китай Халăх Республикин посольствинчен тата дипломатиллĕ миссисенчен хунă.

Чечек кăшăлĕсем хунă чухне Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палатин председателĕ Иоганнес Дикман, Демократиллĕ Германи Республики правительствин членĕсем премьер-министр Отто Гротевольпа пĕрле, демократиллĕ партисемпе массăллă организацисен представителĕсем пулнă.

### БЕРЛИНРИ ДЕМОКРАТИЛЛЕ ХАÇАТСЕМ ДЕМОКРАТИЛЛĔ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИНЕ ТУСА ХУНĂРАНПА ТĂВАТĂ ÇУЛ ТУЛТАРНИ ÇИНЧЕН

БЕРЛИН, октябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Берлинри демократилле хаçатсем паян пурте Демократиллĕ Германи Республикине туса хунăранпа тăватă çул тултарнине палăртаççĕ.

«Нейес Дейчланд» хаçат тата ытти хаçатсем те малтанхи страницăсенче Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ Вильгельм Пик çырнă статьяна, çавăн пекех республикăна туса хунăранпа тăватă çул тултарнă ятпа октябрĕн 6-мĕшĕнче пулса иртнĕ савăнăçлă ларура премьер-министр Отто Гротеволь каланă сăмаха пичетлесе кăларнă.

Хаçатсенче ССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. Е. Ворошилов Демократиллĕ Германи Республикин Президенчĕ Вильгельм Пик патне, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков Демократиллĕ Германи Республикин Премьер-Министрĕ Отто Гротеволь патне, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов Демократиллĕ Германи Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Лотар Больц патне янă саламлă телеграммăсене пичетлесе кăларнă.

## Вильгельм Пика тепĕр хут Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ пулма суйланă

БЕРЛИН, октябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Берлинра Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палатипе Çĕрсен палатин пĕрлехи ларăвĕ пулнă. Демократиллĕ Германи Республики президенчĕн полномочийĕн срокĕ иртнĕ май лару президент суйласси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухнă.

Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палатипе Çĕрсен палатин ларăвне Халăх палатин председателĕ И. Дикман уçнă.

Демократиллĕ Германи Республикин президентне суйлас ыйту тăрăх сĕнÿ тăратма И. Дикман премьер-министр заместительне О. Нушке депутата сăмах панă.

Президент Вильгельм Пик Демократиллĕ Германи Республикипе пĕтĕм нимĕç халăхĕ умĕнче тава тивĕçлĕ ĕçсем тунине, мир ĕçĕпе Германи пĕрлĕхĕшĕн, нимĕç халăхĕн интересĕсемшĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешнине палăртса, О. Нушке Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ пулма тепĕр хут Вильгельм Пика суйлама сĕнÿ панă.

Вильгельм Пика Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ пулма пĕр сасăллă пулса суйланă.

Çакăн хыççăн Вильгельм Пика зала чĕннĕ. Президента депутатсемпе хăнасем нумайччен алă çупса тата саламлă сăмахсем каласа йышăнса илнĕ. Вильгельм Пик присяга панă.

Председатель пулса ертсе пыракан И. Дикман Вильгельм Пика чĕререн сывлăх суннă тата Демократиллĕ Германи Республикипе пĕтĕм нимĕç халăхĕн ырлăхĕшĕн кĕрешес ĕçре çитĕнÿсем тума ырă суннă.

Унтан И. Дикман Вильгельм Пик президента сăмах панă.

## Американецсем тыткăнри çар çыннисем хушшинче ăнлантару ĕçĕ тума чăрмантараççĕ

ПЕКИН, октябрĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран перемири тĕлĕшпе ĕçлекен çар комиссийĕнчи Корейăпа Китай делегацийĕ пичетлесе кăларнă пĕлтерĕве парать. Унта çапла каланă:

Перемири çинчен килĕшÿ тунă енĕсенчен пĕри те тÿрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисем хушшинче ăнлантару ĕçĕ тума тытăнман. Ку вăл ăнлантару ĕçĕсем ирттерме ятарласа лагерьсем туса лартас ĕçе американецсем, тĕрлĕ сăлтавсем тупса, юри вăраха тăсса пынипе килет.

Корейăпа Китай енĕ американецсем валли ăнлантару ĕçĕсем тума кирлĕ лагерьсене пурне те туса пĕтернĕ. Вĕсене американецсем кăтартса панă вырăнсенче тата йĕркепе туса лартнă. Çав вăхăтрах американецсем ку тарана çитсе те Корейăпа Китай енĕ кăтартса панă вырăнсенче тата йĕркепе Корейăпа Китай енĕ валли ăнлантару ĕçĕсем ирттерме кирлĕ лагерьсем тума тытăнман. Çакăн пек лагерьсем тума кирлине репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен нейтральнăй комисси те кăтартса панă.

Хальхи вăхăтра американецсем, пĕр енчен, ăнлантару ĕçĕсем ирттерме кирлĕ лагерьсем тăвассине юри тăсса пыраççĕ, тепĕр енчен, ăнлантару ĕçĕсене декабрĕн 24-мĕшĕччен туса пĕтермелле, тесе сĕнеççĕ. Американецсем çакна лайăх ăнланаççĕ: репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен нейтральнăй комисси икĕ енĕн представителĕсене 90 кун хушшинче ăнлантару ĕçĕсем туса ирттерме право парассишĕн ответлă. Репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси хăйĕн умĕнче тăракан ответлăха пурнăçламалла тăвас тĕллевпе сентябрĕн 24-мĕшĕнче, ăнлантару ĕçĕсем пуçласси çакăн пек тăсăлса пынине шута илсе, ăнлантару ĕçĕсем туса ирттермелли срока кирлĕ таран тăсмалла тума йышăннă. Комисси çак принципа килĕшме американецсене икĕ хутчен сĕннĕ. Анчах та американецсем репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси хушнă пек ăнлантару ĕçĕсем туса ирттерме лагерьсем тăвас ĕçе тытăнман кăна мар тата асăннă комисси ăнлантару ĕçĕсем ирттермелли срока тăсмалла тăвасси çинчен йышăннă решение хирĕç пыраççĕ.

Репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси ыйтнипе килĕшсе, Корейăпа Китай енĕ американецсем ыйтнă тăрăх туса лартнă лагерьсене октябрĕн 5-мĕшĕнче Индин асăннă комисси çумĕнче тăракан хурал çарĕсен командованийĕн аллине панă. Ăнлантару ĕçĕсем ирттерме кирлĕ лагерьсем тăвас тĕлĕшпе хăйсен обязательствисене пурнăçлассине американецсем уççăнах хирĕç тăнине шута илсе, Корейăпа Китай енĕ репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен нейтральнăй комиссирен çак ыйтăва татса пама тивĕçлĕ мерăсем йышăнма ыйтрĕ, асăннă лагерьсене туса лартас тĕлĕшпе асăннă комиссие пур енчен те пулăшма хатĕр тăни çинчен пĕлтерчĕ. Ăнлантару ĕçĕсем тума пуçлассине американецсем канофрлесе тăраççĕ. Çавăнпа та ăнлантару ĕçĕсем туса ирттермелли срока, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси хушнă пек, тăсмалла тăвас пулать.

### ЛИ СЫН МАН УШКĂНĔ ÇĔНĔ ПРОВОКАЦИ ХАТĔРЛЕТ

НЬЮ-ЙОРК, октябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Мукьсанрап пĕлтернĕ тăрăх, Кăнтăр Корейăри çар полицийĕн начальникĕ генерал лейтенант Вон Йон Дук Сеулта Ли Сын Ман правительстви тыткăнри 22.500 çар çыннине «тартса кăларма» план хатĕрлени çинчен çирĕплетсе каланă.

### ЛИСЫНМАНОВЕЦСЕМ СЕМСĔРЛЕНСЕ ÇИТНĔ

ЛОНДОН, октябрĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Сеулран пĕлтернинче çапла каланă:

Кăнтăр Корея правительстви: Индин хурал çарĕсене Корейăран хуса кăларас тĕлĕшпе Кăнтăр Корея правительстви «чен, хĕçпăшаллă вăйсемпе те усă курмалла пулĕ», тесе пĕлтернĕ.

## Китайри халăх представителĕсен вырăнти пухăвĕсен суйлавĕ ячĕпе

ПЕКИН, октябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикинче власăн вырăнти органĕсен суйлавĕ ĕçри пысăк çĕкленÿпе пулса иртет. «Гунженьжибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Мукденри предприятисенче суйлав ячĕпе производствăри ăмăрту анлăн сарăлнă. Ăмăртура йывăр машиностроени заводĕнчи сталеварсем пысăк çитĕнÿ тунă. Вĕсем хурçă шăратмалли вăхăта 7 сехет те 10 минутран 5 сехет те 47 минут таран чакарнă.

Пневматикăлла инструментсем тăвакан завод коллективĕ суйлава производство планне срокчен тултарнипе кĕтсе илет. Çак заводри хăшпĕр бригадăсем сентябрь планне 2 эрне хушшинче тултарнă.

Фушуньри çĕр кăмрăк шахтисенче малта пыракан бригадăсем смена вăхăтĕнче виçшер норма тултараççĕ.

Суйлав ячĕпе производствăри ăмăрту Шанхай, Тяньцзинь, Харбин, Сиань тата ытти хуласенчи предприятисенче те вăйланса пырать.

## Венгрире сахăр туса кăларасси ÿснĕ

БУДАПЕШТ, октябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Кăçал Венгрире, 1938 çулхипе танлаштарсан, сахăр виçĕ хута яхăн ытларах туса кăлараççĕ. Конфетсем туса кăларасси, вăрçăчченхипе танлаштарсан, 6 хут патне ÿсет.

Сахăр завочĕсем кăçал пухса кĕртнĕ сахăр кăшманĕнчен сахăр туса кăларма тытăннă. Сахăр промышленноçĕ виççĕмĕш квартал планне ирттерсе тултарнă. Планран ирттерсе 800 вагон сахăр туса кăларнă.

### РУМЫНИРЕ СССР ПУРНĂÇНЕ КĂТАРТСА ПАРАКАН ВЫСТАВКА УÇНĂ

БУХАРЕСТ, октябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Румынипе Совет Союзĕ хушшинче туслăх уйăхлăхĕ пуçланнă май октябрĕн 7-мĕшĕнче Бухарестра «ССР Союзĕн мирлĕ экономикипе культура строительствине» кăтартса паракан выставка уçнă.

## Франци хаçачĕсем Индо-Китайри вăрçă çинчен

ПАРИЖ, октябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Францири буржуалла хаçатсенче Вьетнам Халăх çарĕн активлăхĕ вăйланни çинчен пăшăрханса çырнă пĕлтерÿсем ытларах та ытларах тухаççĕ. «Фран-тирер» хаçат, сăмахран, çапла çырать: Вьетнам Халăх çарĕн чаçĕсем Тонкинра Францин экспедици корпусĕпе Бао Дай çарĕсене хирĕç атака тăвассине вăйлатнă. Юлашки кунсенче Хĕрлĕ шыв дельтинче Францин 20 посчĕ «йывăрлăха» лекнĕ. Халăх çарĕн темиçе батальонĕ Ханойран 120 километр кăнтăр хĕвелтухăçнерехри Буи-Шу районне пырса тухнă. Çак районта Вьетнам патриочĕсем атака тунипе Бао Дайăн пĕр батальонĕ «пысăк çухату» тÿснĕ.

## США-ра коммунистсене арестлеççĕ

НЬЮ-ЙОРК, октябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин Вашингтонри корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, США юстици министрĕ Браунэлл федеральнăй бюро агенчĕсем Огайо тата Нью-Джерси штачĕсенче компартин вырăнти организацийĕсен 6 руководительне арестлени çинчен пĕлтернĕ. Арестленисем хушшинче: компартин Огайо штатĕнчи организацийĕн оргсекретарĕ пулнă Джозеф Брандт, компартин çак штатри организацийĕ казначейĕ пулнă Давид Кац тата унăн арăмĕ, компартин Лорэйнри (Огайо штачĕ) организацийĕн председателĕ пулнă Люсиль Бетенкур, 1952 çулта компартирен Огайо штачĕн губернаторĕ пулма кандидата тăратнă Эльвадор Клауд Гринфильд, компартин Наци комитечĕн членĕ пулнă Джозеф Дафер.

### ИНДИ США-ран ЛИСЫНМАНОВЕЦСЕН ПРОВОКАЦИЛЛЕ ĔÇĔСЕНЕ ЧАРСА ЛАРТМА ЫЙТАТЬ

НЬЮ-ЙОРК, октябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Делирен пĕлтернĕ тăрăх, Инди правительстви репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси ĕçĕсене Кăнтăр Корея хутшăннисене чарса лартма Пĕрлешÿллĕ Штатсен правительствинчен дипломатиллĕ йĕркепе мерăсем йышăнма ыйтнă.

Инди ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин представителĕсем Кăнтăр Корея влаççĕсем хальхи вăхăтра нейтральнăй зонăра Индин хурал çарĕсен аллинче тăракан тыткăнри Китайпа Çурçĕр Корея çар çыннисене вăйпа ирĕке кăларассипе хăратнă пирки хăйсем пăшăрханни çинчен США посолне Аллена каласа панă.

Индин официальнăй представителĕсем репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен нейтральнăй комисси йĕркеллĕ ĕçлесе тăрассине чăрмантарма пултаракан хирĕçÿсене енрсе ярас ĕçре Пĕрлешÿллĕ Штатсенчен тата Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн ытти членĕсенчен пулăшу пама ыйтнă.

### ЯПОНИРЕ ШАХТЕРСЕНЕ МАССĂЛЛĂН ĔÇРЕН КĂЛАРСА ЯРАÇÇĔ

ШАНХАЙ, октябрĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Токиори радио пĕлтернĕ тăрăх, Кюсю утравĕ çинчи «Таканацу» çĕр кăмрăк шахтин администрацийĕ 1.185 рабочие ĕçрен кăларасси çинчен пĕлтернĕ. Кюсю утравĕ çинчи çĕр кăмрăк шахтисенче пĕтĕмпе 13.460 çынна ĕçрен кăларнă.



Вена хулинче кĕркуннехи ярмарка пулса иртнĕ. Ярмаркăна Австри, Совет Союзĕ, Англи, Польша, Итали, Чехословаки, Венгри, Болгари, Хĕвеланăç Германи, Демократиллĕ Германи Республики тата ытти çĕршывсем те хутшăннă.

Ярмаркăра совет павильонĕ паллă вырăнта пулнă. Сакăр кун хушшинче совет павильонне çур миллион çынна яхăн пырса курнă.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Вена хулинче пулнă ярмаркăри совет павильонĕ.



Варшаври ипподромра лашасене хăвăрт чуптармалли ăмăрту пулнă. Ăмăртăва СССР, Венгри Халăх Республики, Чехословаки Республики, Румыни Халăх Республики, Польша Халăх Республики тата Демократиллĕ Германи Республики командисем хутшăннă, Совет Союзĕн команди 11 призран 5 приз илнĕ, ăмăртура мала тухнă.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: совет жокейĕ В. Е. Ряполов. Вăл тытса пынă «Богатырь» ятлă лашана София хули ячĕпе тунă приз панă.

# ООН Генеральнăй Ассамблейин VIII-мĕш сессийĕнче

НЬЮ-ЙОРК, октябрĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер ирхине Генеральнăй Ассамблейăн пĕрлехи ларăвĕ пулса иртнĕ. Кун йĕркинче çакăн пек ыйтусем тăнă: 1. Хăрушсăрлăх Совечĕн вăхăтлăха суйлакан виçĕ членне суйласси; 2. Экономикăпа Социальнăй советăн улттă членне суйласси; 3. Опека енĕпе ĕçлекен Советăн икĕ членне суйласси; 4. Çĕнĕрен хушса тумалли бюджет фончĕсен ыйтăвĕ тăрăх пиллĕкмĕш комитет хатĕрленĕ доклад; 5. Иртнĕ финанс çулĕнчи финанс отчечĕ çинчен пиллĕкмĕш комитет доклачĕ; 6. Ачасене пулăшу паракан тĕнчери чрезвычайнăй фонд ĕçне малалла ялан туса пырасси; 7. Генеральнăй Ассамблейăна ООН-ăн специализациленĕ организацийĕсен генеральнăй директорĕсемпе паллаштарасси.

Пĕрлехи лару хăйĕн ĕçне Хăрушсăрлăх Совечĕн вăхăтлăха суйлакан виçĕ членне суйлассинчен тытăннă. Чили, Греци тата Пакистан çĕршывĕсен полномочийĕн срокĕ 1953 çулхи декабрĕн 31-мĕшĕнче иртет. Çакна май вĕсем вырăнне вăхăтлăха виçĕ член суйламалла. Суйлав умĕн Совет Союзĕн делегацийĕн пуçлăхĕ А. Я. Вышинский сăмах илнĕ.

Хăрушсăрлăх Совечĕн вăхăтлăха суйлакан членĕсене, Генеральнăй Ассамблейăн процедура правилисем тăрăх, вăрттăн сасăласа суйлаççĕ. Малтанхи хут сасăланă чухне Бразилипе Çĕнĕ Зеландие суйланă. Хăрушсăрлăх Совечĕн вăхăтлăха суйлакан виççĕмĕш членне илес пулсан, пĕр кандидат та виçĕ пайран икĕ пай чухлĕ сасă илеймен, сасăсем Пĕрлешÿллĕ Штатсемпе вĕсем майлă тăракан çĕршывсем тăратнă Турци кандидатурипе Хĕвелтухăç Европăри çĕршывсен представителĕсем тăратнă Польша кандидатури хушшинче пайланса кайнă. Хĕвелтухăç Европăри çĕршывсен представителĕсем Польша кандидатурине Устав хушнă тăрăх, процедура правилисемпе Лондонра йышăннă килĕшÿ тăрăх тĕрĕс тăратнă. Темиçе хутчен баллотировка тунă вăхăтра Польша 23 сасă илни те пулнă. Америкăпа Англи блокĕн представителĕсем саккăрмĕш хут сасăланă хыççăн кăна Турцие Хăрушсăрлăх Совечĕн вăхăтлăха суйлакан членне суйлама кирлĕ чухлĕ сасă пухма пултарнă.

1953 çулхи декабрĕн 31-мĕшĕнче Экономикăпа Социальнăй советра хальхи вăхăтра члента тăракан СССР, Англи, Польша, Швеци, Филиппин, Уругвай çĕршывĕсен полномочийĕн срокĕ тухать. Çакна май Генеральнăй Ассамблея вĕсем вырăнне çĕнĕ членсем суйлама тытăннă.

Вăрттăн сасăланипе ССР Союзĕпе Англине тепĕр хут çак Совет членĕсем пулма суйланă. Кунсăр пуçне Совета Чехословаки, Норвеги, Эквадор çĕршывĕсене суйланă. Улттăмĕш кандидатурăна илес пулсан, пĕр çĕршыв та кирлĕ чухлĕ (виçĕ пайран икĕ пай чухлĕ) сасă илеймен. Сасăсем Индонези е Пакистан çĕршывне суйлас пирки уйрăлса кайнă.

НЬЮ-ЙОРК, октябрĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Октябрĕн 5-мĕшĕнче кăнтăрла Генеральнăй Ассамблейăн пĕрлехи ларăвĕ пулса иртнĕ. Ларура Экономикăпа Социальнăй совет членне суйласси малалла пынă. Кăнтăрлахи ларура баллотировка темиçе хут пулса иртнĕ хыççăн Совет членĕ пулма Пакистана суйланă.

Кун хыççăн Ассамблея Опека енĕпе ĕçлекен совета Таиландпа Доминикан Республики вырăнне Индипе Гаитие суйланă.

Пиллĕкмĕш комитет бюджета кĕмен фондсем çинчен тунă доклада сесси асра тытма йышăннă. Ачасене пулăшу паракан тĕнчери фондăн 1952 çулхи финанс отчетне те Ассамблея пĕр сасăллă пулса çирĕплетнĕ. ООН-ăн 1952 çулхи финанс отчечĕ тăрăх сасăланă чухне СССР, УССР, БССР, Польша тата Чехословаки делегацийĕсем нихăш майлă та сасăламан, мĕншĕн тесен вĕсем 1952 çулхи бюджета пăхса тухнă чухне бюджетăн чылай статьисене хирĕç пулса каланă пулнă, уйрăммăн илсен, ООН Уставне хирĕç пырса законсăр йĕркепе туса хунă чылай комитетсемпе комиссисене тытса тăма укçа-тенкĕ уйăрса парассине хирĕç пулнă.

Кун хыççăн Генеральнăй Ассамблея ачасене пулăшу паракан тĕнчери чрезвычайнăй фонд ĕçĕсене малалла туса пырасси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма тытăннă.

НЬЮ-ЙОРК, октябрĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Октябрĕн 6-мĕшĕнче ирхине пулнă пĕрлехи ларура «Ачасене пулăшу паракан тĕнчери чрезвычайнăй фонда малашне ялан ĕçлесе тăракан организаци» туса хурасси çинчен тăракан ыйтăва сÿтсе явса пĕтернĕ. Генеральнăй Ассамблея, пĕр сасăллă пулса, ачасене пулăшас тĕлĕшпе вăхăтлăха ĕçлесе тăракан тĕнчери фондран яланлăха ĕçлесе тăракан организаци туса хума йышăннă. Ассамблея малашне çак фонда «ачасене пулăшас тĕлĕшпе ĕçлекен фонд» тесе ят пама йышăннă.

## *Пĕтĕм Индири мир совечĕ ООН Генеральнăй Ассамблейин VIII-мĕш сессийĕн председательне чĕнсе калани*

ДЕЛИ, октябрĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм Индири мир совечĕ ООН Генеральнăй Ассамблейин VIII-мĕш сессийĕн председателĕ Виджайя Лакшми Пандит патне уçă çыру янă. Çырура çапла каланă:

«Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн никĕсĕсене, унăн Уставне тепĕр хут пăхса тухнипе, аркатма хăтланакансем тĕлĕшĕнчен хальхи вăхăтра сыхăлăхлă пулма хальхи пек кирлĕ пулни нихçан та пулман. Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн никĕсĕ аслă державăсем пĕр сасăллă пулма кирли çинчен калакан принцип пулса тăрать. Çакăн çинчен калакан йĕркене Уставран кăларса пăрахма хăтланни вăл Пĕрлешнĕ Нацисен Организацине аркатса ярасси патне кăна илсе çитерме пултарать.

Эсир, хăвăрăн влиянипе тата авторитетпа усă курса, тăшмансем Пĕрлешнĕ Нацисен Организацине хăйĕн малтанхи тĕллевĕсем патĕнчен пăрса яма хăтланнине хирĕç пĕтĕм вăя хурса кĕрешесси Инди халăхĕ шанса тăрать.

Китай Халăх Республики ООН-ăн Хăрушсăрлăх Советĕнче тата Генеральнăй Ассамблейăра хăйĕн законлă вырăнне йышăниччен Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ тĕнчери чăн-чăн организаци пулса тăма пултараймасть. Китай Халăх Республики хăйĕн 500 миллиона яхăн халăхĕн авторитетлă сассипе хутшăнмасăр Азире е тĕнчере нимĕнле мир ыйтăвне те кирлĕ пек татса пама çук».

Пĕтĕм Индири мир совечĕ Виджайя Лакшми Пандита Китай Халăх Республикине йышăнмалла тата ăна ООН-а кĕртмелле тăвас тĕлĕшпе хăй енчен мĕн тума пултарнине пурне те тума чĕнет.

«Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕпе,— тенĕ юлашкинчен çырура,—вăрçă хĕçпăшалĕ вырăнне тата колонисенчи халăхсене пусмăрласа пурăнас йĕркене çаплипех сыхласа хăварас тата çар союзĕсем туса хурас политикăна пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе ытларах та ытларах усă курма тăрăшаççĕ.

Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн хăйĕн малтанхи тĕллевĕсем патне тепĕр хут çаврăнса пымалла тата мире сыхласа тăрас хĕçпăшал вырăнне ĕçлесе тăмалла. Çак ырă ĕçре сире хисеплĕ ответлăх тивнĕ».

## Тĕнчери шахмат турнирĕнче

ЦЮРИХ, октябрĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Цюрихра тĕнчере шахмат вăййи енĕпе малти вырăна тухассишĕн пыракан ăмăртури 20-мĕш вăййи пулнă.

Турнирта Смыслов малта пырать. Вăл 12,5 очко илнĕ. Ун хыççăн Решевский пырать, вăл 12 очко илнĕ.

## ШАХМАТ

✦ **Хула кубокне илессишĕн.** Çав кунсенче Шупашкарти спорт коллективĕсем хушшинче шахмат вăййи енĕпе хула кубокне илессишĕн ăмăрту пулса иртрĕ. Ăмăртăва хулари предприятисемпе учрежденисенчи тата аслă шкулсемпе техникумсенчи 16 команда хутшăнчĕ.

Финала ялхуçалăх институчĕн тата электроаппаратура завочĕн пĕрремĕш командисем тухрĕç. Çак командăсем хушшинчи вăйă 3,5:1,5 шутпа, электроаппаратура завочĕн пĕрремĕш команди çĕнтернипе вĕçленчĕ. Çапла вара çак команда хула кубокне илчĕ.

✦ **Разрядсем илчĕç.** Чăваш республикинчи хăлхасăр тата чĕлхесĕр çынсем хушшинче шахмат тата шашка вăййи енĕпе мала тухассишĕн ăмăртусем пулса иртрĕç.

Арçынсем хушшинче шахмат вăййи енĕпе мала тухассишĕн ирттернĕ ăмăртăва 12 çын хутшăнчĕ. Пĕрремĕш вырăна В. Дрезин тухрĕ, вăл 9,5 очко илчĕ. Шашка вăййи енĕпе Михайлов пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ, вăл 15 очко илме май пур çĕртен 12 очко илчĕ.

Хĕрарăмсем хушшинче шашка вăййи енĕпе ăмăртрĕç. Унта 12 очко выляса илме май пур çĕртен Матвеевская 10,5 очко илчĕ. Çапла вара вăл пĕрремĕш вырăн йышăнма тивĕçлĕ пулчĕ.

Мала тухнă шахматистсемпе шашистсене дипломсем памалла тунă, чылайăшĕ шахмат тата шашка енĕпе разрядсем илме тивĕçлĕ пулнă.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

# Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемĕ

## 35-мĕш вылявра выигрышсем тухнине кăтартакан

## СПРАВКА-ТАБЛИЦА

Вылянă 1953 çулхи сентябрĕн 30-мĕшĕнче Мускав хулинче пулнă.

Таблицăра 200 тенкĕлĕх облигацисем çине выигрыш тухнине кăтартнă. Выигрыш суммине выляса илнĕ облигаци хакĕ те кĕрет.

Заемăн мĕнпур пилĕк разрядĕнчи çак серисемпе облигацисен номерĕсем çине выигрышсем тухнă:

| Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ |
|---|---|---|---|---|---|
| 000809 | 1—50 | 1.000 | 048711 | 26*) | 10.000 |
| 001409 | 42*) | 10.000 | 050034 | 43*) | 5.000 |
| 001920 | 1—50 | 1.000 | 051518 | 25*) | 5.000 |
| 003047 | 1—50 | 400 | 051534 | 39*) | 5.000 |
| 004107 | 11*) | 10.000 | 052480 | 20*) | 5.000 |
| 004319 | 1—50 | 400 | 053049 | 43*) | 5.000 |
| 004606 | 42*) | 5.000 | 053514 | 1—50 | 400 |
| 005168 | 1—50 | 1.000 | 054930 | 1—50 | 400 |
| 005830 | 1—50 | 400 | 055019 | 1—50 | 400 |
| 006286 | 35*) | 5.000 | 055319 | 1—50 | 1.000 |
| 007464 | 35*) | 5.000 | 055637 | 1—50 | 400 |
| 007688 | 1—50 | 400 | 056116 | 10*) | 5.000 |
| 008126 | 29*) | 5.000 | 057867 | 1—50 | 1.000 |
| 009247 | 50*) | 10.000 | 057912 | 13*) | 5.000 |
| 009470 | 1—50 | 400 | 057913 | 42*) | 10.000 |
| 009686 | 45*) | 5.000 | 058106 | 34*) | 5.000 |
| 009853 | 1—50 | 400 | 058808 | 24*) | 5.000 |
| 010118 | 23*) | 5.000 | 059364 | 1—50 | 1.000 |
| 011665 | 22*) | 5.000 | 059610 | 44*) | 5.000 |
| 012421 | 02*) | 5.000 | 059973 | 25*) | 25.000 |
| 013170 | 1—50 | 400 | 060010 | 26*) | 10.000 |
| 014048 | 1—50 | 1.000 | 060942 | 1—50 | 400 |
| 014167 | 36*) | 5.000 | 061111 | 1—50 | 400 |
| 014279 | 06*) | 10.000 | 061535 | 1—50 | 1.000 |
| 014283 | 16*) | 5.000 | 062089 | 32*) | 5.000 |
| 015037 | 14*) | 5.000 | 062186 | 35*) | 5.000 |
| 016506 | 30*) | 5.000 | 062246 | 34*) | 5.000 |
| 018260 | 1—50 | 400 | 062291 | 1—50 | 400 |
| 018501 | 02*) | 5.000 | 062333 | 14*) | 5.000 |
| 019102 | 35*) | 5.000 | 062687 | 39*) | 5.000 |
| 020242 | 23*) | 10.000 | 062793 | 1—50 | 400 |
| 020624 | 44*) | 5.000 | 063205 | 1—50 | 400 |
| 020734 | 13*) | 10.000 | 064843 | 33*) | 5.000 |
| 021082 | 03*) | 25.000 | 065221 | 11*) | 5.000 |
| 021826 | 1—50 | 400 | 065501 | 25*) | 10.000 |
| 022015 | 16*) | 5.000 | 065632 | 1—50 | 400 |
| 022071 | 20*) | 5.000 | 067147 | 42*) | 5.000 |
| 022714 | 06*) | 5.000 | 067236 | 08*) | 5.000 |
| 023432 | 1—50 | 400 | 068523 | 32*) | 5.000 |
| 025177 | 1—50 | 1.000 | 069761 | 39*) | 5.000 |
| 025442 | 13*) | 5.000 | 071412 | 01*) | 5.000 |
| 026022 | 1—50 | 1.000 | 071801 | 1—50 | 400 |
| 026161 | 25*) | 5.000 | 071951 | 16*) | 5.000 |
| 026660 | 1—50 | 1.000 | 072028 | 23*) | 10.000 |
| 026891 | 41*) | 10.000 | 072513 | 20*) | 5.000 |
| 027266 | 1—50 | 400 | 072592 | 26*) | 10.000 |
| 027584 | 14*) | 50.000 | 073175 | 1—50 | 400 |
| 027935 | 46*) | 10.000 | 074388 | 01*) | 5.000 |
| 028625 | 10*) | 5.000 | 075435 | 1—50 | 400 |
| 028744 | 16*) | 5.000 | 075528 | 26*) | 10.000 |
| 028891 | 02*) | 10.000 | 077728 | 34*) | 10.000 |
| 029090 | 44*) | 10.000 | 080394 | 02*) | 5.000 |
| 029254 | 1—50 | 400 | 080653 | 1—50 | 400 |
| 029417 | 1—50 | 400 | 080712 | 1—50 | 400 |
| 030614 | 26*) | 5.000 | 081656 | 1—50 | 400 |
| 032007 | 38*) | 5.000 | 081849 | 26*) | 25.000 |
| 032354 | 27*) | 5.000 | 081918 | 1—50 | 400 |
| 033987 | 12*) | 5.000 | 082475 | 21*) | 5.000 |
| 034543 | 17*) | 5.000 | 082496 | 45*) | 5.000 |
| 034920 | 26*) | 5.000 | 082790 | 03*) | 5.000 |
| 038098 | 1—50 | 400 | 083085 | 28*) | 5.000 |
| 038204 | 50*) | 5.000 | 083326 | 19*) | 5.000 |
| 038219 | 13*) | 10.000 | 083896 | 33*) | 5.000 |
| 039690 | 1—50 | 400 | 084183 | 36*) | 25.000 |
| 040406 | 1—50 | 400 | 085468 | 22*) | 10.000 |
| 040478 | 30*) | 5.000 | 085793 | 26*) | 5.000 |
| 040869 | 1—50 | 400 | 085890 | 1—50 | 400 |
| 041332 | 14*) | 5.000 | 086715 | 15*) | 25.000 |
| 041467 | 15*) | 5.000 | 087117 | 1—50 | 400 |
| 041478 | 43*) | 5.000 | 087636 | 25*) | 10.000 |
| 041730 | 22*) | 5.000 | 087816 | 1—50 | 1.000 |
| 041909 | 15*) | 5.000 | 087899 | 20*) | 5.000 |
| 042764 | 1—50 | 400 | 089084 | 1—50 | 400 |
| 043642 | 35*) | 5.000 | 091007 | 1—50 | 400 |
| 043680 | 1—50 | 400 | 092162 | 39*) | 5.000 |
| 044183 | 16*) | 5.000 | 092383 | 24*) | 5.000 |
| 044619 | 32*) | 5.000 | 094045 | 1—50 | 1.000 |
| 045379 | 1—50 | 1.000 | 094822 | 1—50 | 400 |
| 045649 | 42*) | 5.000 | 095771 | 49*) | 5.000 |
| 046152 | 12*) | 5.000 | 096435 | 12*) | 10.000 |
| 046153 | 1—50 | 400 | 096624 | 1—50 | 400 |
| 046461 | 32*) | 10.000 | 096687 | 04*) | 5.000 |
| 046571 | 05*) | 5.000 | 097360 | 42*) | 50.000 |
| 047242 | 05*) | 5.000 | 098944 | 1—50 | 400 |
| 047602 | 36*) | 10.000 | 099383 | 21*) | 10.000 |

*) Çак серири облигацисен ытти 49 номерĕ çине 400-шер тенкĕ выигрыш тухнă.

ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-69, общество пайĕ—8-64, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01494 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2225. Тираж 29,084 экз.